ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Январь 29 ВЫРСАРНИКУН № 21 (9700)

Хакĕ 20 пус. 38-мĕш çул тухать.

**Паянхи номерте:**



## Вырăнти пичетĕн чыслă тивĕçĕ

КПСС ХХ-мĕш съезчĕ ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ коммунизм обществине тăвас ĕçре çĕнĕ пысăк утăм тумалли аслă малашлăх уçса пачĕ. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра йывăр промышленноçа пуринчен ытларах аталантарнипе, техникăна пĕрмаях çĕнетсе тата лайăхлатса пынипе, халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене хăватлăн аталантармалла, ял хуçалăх производствине хăвăрт вăйлатмалла, çавна май совет халăхĕн материальнăй пурнăçне чылай лайăхлатмалла тата культурине малалла ӳстермелле. Коммунистсен партийĕн çак чаплă документĕнче совет çыннисем хăйсен Тăван çĕршывне хăватлăрах та пуянрах тăвассишĕн тăрăшни уççăн палăрса тăрать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăх заданийĕсем чăннипех пысăк пулин те вĕсене пурнăçлама совет халăхĕн вăйĕ те, пултарулăхĕ те çитет. Çакна эпир КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне совет çыннисем пурте пĕр кăмăллă пулса ырланинчен, промышленность предприятийĕсенче, колхозсемпе совхозсенче, машина-трактор станцийĕсенче—пур çĕрте те улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пирвайхи çулĕн производство планне срокчен пурнăçлассишĕн пуçланнă кĕрешӳ хăватлăн сарăлса пынинчен лайăх куратпăр.

Директивăсен проектне сӳтсе явнă май, пĕтĕм çĕршыври пекех, пирĕн республикăри ĕççыннисен политикăлла тата ĕçри хастарлăхĕ те ӳсрĕ. КПСС ХХ-мĕш съезчĕ умĕнхи вахтăра столицăри чи пысăк предприятисен коллективĕсем—электроаппаратура заводĕнчи, пир-авăр комбинатĕнчи, çавăн пекех çĕнĕ стройкăсенчи çĕршер рабочисем ĕç нормине ирттерсе тултараççĕ. Канашри тата Улатăрти чугун çул работникĕсем, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан тăвакансем çак кунсенче уйрăмах пысăк çĕкленӳпе ĕçлеççĕ. Колхозлă ял ĕçченĕсем çуракине тĕплĕн хатĕрленессишĕн, хĕл кунĕсенчен пуçласах ĕнесенчен сĕт ытларах суса илессишĕн, сысна нумайрах самăртса аш-какай ытларах туса илессишĕн кĕрешеççĕ. Уйхире вырăнти удобренисем кăларас, тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисем юсас, вăрман хатĕрлес тата ытти çĕрте те ĕççыннисен хастарлăхĕ ӳссе пырать.

Парти организацийĕсен тивĕçĕ—массăсен политикăлла активлăхне ӳстересси, кашни çын харпăр хăйĕн вырăнĕнче тăрăшса ĕçлемелле тăвасси, çĕннине, малалла кайма пулăшаканнине мĕнпур майсемпе аталантарса, киввине, юрăхсăррине, ĕçре чăрмантараканнине хăюллăн пĕтересси, социализмла ăмăртăва вăйлатса пырасси пулать. Çак ĕçре парти организацийĕсене хуласемпе районсенче тухакан хаçатсен, çавăн пекех предприятисемпе колхозсенче, МТС-семпе совхозсенче тухса тăракан нумай тиражлă хаçатсемпе стена хаçачĕсен активлăн пулăшмалла.

Парти комитечĕсем хăйсен пичет органĕсене лайăх ертсе пынă çĕрте хаçатсен организаторла ролĕ ӳссе пырать. Сĕрпӳ районĕнчи выльăх-чĕрлĕх пăхакансен иртнĕ çулхи тата кăçалхи чаплă çитĕнĕвĕсенче районти «Сталинец» хаçатăн тӳпи те пĕчĕк мар. «Ленинский путь» хаçат Улатăр хулипе районĕнчи предприятисемпе колхозсен ĕçне начар мар çутатса тăрать. Вăл колхоз председателĕсемпе предприяти директорĕсен статьисене пичетленипех çырлахмасть, производствăра малта пыракансене хăйсене сăмах парать. Çак хаçатăн паха енĕ предприятисемпе колхозсенче КПСС ХХ-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва кунтан-кун вăйлатса пыма тăрăшни пулать. «Сталинский путь» хаçат та юлашки вăхăтра Канаш хулин пурнăçне анлăнрах çутатса тăма тытăнчĕ. Калинино районĕнчи «Сталин çулĕпе» хаçат çак кунсенче Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз ĕçĕсемпе анлăн паллаштарчĕ.

Халĕ, съезд умĕнхи кунсенче, пĕтĕм совет халăхĕ нихçан пулман хастарлăхпа ĕçленĕ вăхăтра, вырăнти пичетре те ĕççыннисен хастарлăхĕ вăйланнине анлăн çутатни, ĕçри мĕнпур чăрмавсемпе çитменлĕхсене хăюллăн палăртса, вĕсене çийĕнчех пĕтерме пулăшни кирлĕ.

Анчах çак задачăна республикăри чылай район хаçачĕсем япăх пурнăçласа пыраççĕ. Пурне те паллă, çĕршывра партин ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăрту пуçлансанах, Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан колхоз ĕçченĕсем республикăри колхозниксемпе колхозницăсене съезда çуракине пур енчен те кăтартуллăн хатĕрленипе кĕтсе илессишĕн социализмла ăмăртса ĕçлеме чĕнсе каларĕç. Кольцовка ĕçченĕсен патриотла чĕнĕвне пур çĕрте те хапăл туса йышăнчĕç. Апла пулин те чылай районсен хаçачĕсем, сăмахран, Комсомольски районĕнчи «Октябрь ялавĕ», Шăхасан районĕнчи «Вăйлă тырпулшăн», Чкаловски районти «Авангард» тата ытти хăшпĕр хаçатсем, колхозсенче ăмăрту мĕнле сарăлса пынине тĕплĕн çутатни пулмарĕ. Етĕрне районĕнчи «Коммунист» хаçат, ĕнесенчен хĕлле сĕт суса илес ĕçре пулнă лайăх материалсем пичетлерĕ пулин те, кольцовкăсен пуçарăвне анлăн сараймарĕ. Çак хаçат хăйĕн страницисенче ытла пысăк статьясем пичетлеме юрататъ, тен çавăнпах вăл ытти кирлĕ ыйтусене тĕплĕн çутатаймасть.

КПСС райкомĕсемпе хула комитечĕсен хăйсен пичет органĕсене ертсе пырассине лайăхлатас пулать. Сăмах хаçат кăларас ĕçе тĕрĕс планласси çинчен кăна мар, кашни районпа хулан нумай енлĕ пурнăçне çутатма ĕççыннисен анлă массисене хутшăнтарасси çинчен те пырать.

Стена хаçачĕсем—совет пичечĕн чи нумай йышлă отрячĕ, анчах хăшпĕр çĕрте вĕсене ячĕшĕн кăна кăлараççĕ е пачах та кăлармаççĕ. Çак пысăк çитменлĕхе пĕтермелле. Стена хаçачĕсем йĕркеллĕ, усăллă туса тăччăр тесен, вĕсен редколлегийĕсене хаçат ĕçне юратакан, авторитетлă çынсемпе çирĕплетмелле.

Совет халăхĕ партин ХХ-мĕш съездне социализмла экономикăпа культурăна аталантарас ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илессишĕн кĕрешет. Вырăнти пичетĕн чыслă тивĕçĕ съезд умĕнхи социализмла ăмăрту ялавне çӳлĕрен те çӳлĕ çĕклесси, ĕççыннисене умра тăракан задачăсене ăнăçлăн пурнăçлама мобилизацилесе пырасси пулать.

## КПСС ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе

☆ ☆ ☆

Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозри выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем КПСС ХХ-мĕш съезчĕ СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне пысăк хаваслăхпа кĕтсе илчĕç. Çак кунсенче вĕсем уйрăмах пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ.

Укерчĕк çинче: артельти паллă доярка Ю. К. Кириллова фермăри ытти дояркăсене КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне вуласа парать.

## Вăрман хатĕрлекенсен хастарлăхĕ

Пĕр самантлăха та чарăнмасть хĕрӳллĕ ăмăрту Вăрнар вăрманĕнче. Кăнтăрла та, çĕрле те вăрман хатĕрлекенсем партин ХХ-мĕш съезчĕ ячĕпе илнĕ обязательствăсене пурнăçлассишĕн ырми-канми ĕçлеççĕ.

Акă, Мăшавăш вăрман пунктĕнчи рабочисем ĕçлекен делянка. Кунта ĕç вĕресе кăна тăрать. Заводри цехран пĕртте кая мар. Пур çĕрте те механизмсем кĕрлеççĕ. Николаев мастер участокĕнче куçса çӳрекен электростанци пĕр-тикĕссĕн ĕçлет. Ун патĕнчен 4—5 енелле проводсем карса кайнă. Вĕсем тăрăх ток йывăç касакан электропăчкăсем патне пырать. Кунтах хурçă утсем—йывăçа çул хĕррине илсе тухакан тракторсем калле-малле кĕрлесе çӳреççĕ.

Эпир электропăчкăпа йывăç касса йăвантарнă çĕре пырса тухрăмăр. Леонид Григорьев электропильщикпе унăн помощникĕ Анатолий Белов патвар йывăççене пĕрин хыççăн теприне каса-каса йăвантараççĕ. Пĕлсе каснине пула, йывăççем пурте пĕр майлă ӳкеççĕ, пĕр-пĕрин айне пулмаççĕ.

— Çакă турат иртекенсен ĕçне çăмăллатать, трактористсене те тухăçлăн ĕçлеме май парать,—тет Леонид Григорьев.

Цикл меслечĕпе ĕçлеме тытăннăранпа кунта, пурте пĕр кăмăллă пулса, пĕр-пĕрне пулăшса ĕçлеççĕ. Участокăн талăкра 200 кубометр йывăç памалла. Çакăншăн хастарлăн кĕрешеççĕ кунта.

Мотористсем кăнтăрла икĕ сменăра татса сыпăламалăх йывăç касса йăвантарса хатĕрлеççĕ. Уйрăмах Иван Бардасов, Николай Мазаев, Зиновий Николаев мотористсем паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Турат иртнĕ çĕрте хĕрсем чылай. Екатерина Арбузова ертсе пыракан ушкăнри хĕрсем туратсене хăвăрт иртме хăнăхса çитнĕ. Вĕсем трактористсене ăнăçлă ĕçлеме пулăшаççĕ.

Каснă йывăçа «КТ-12» тракторпа эстакада çине илсе тухаççĕ. Кашни трактора уйрăм участок çумне çирĕплетнĕ. Çакă делянкăна пĕр йывăç юлмиччен татса пыма пулăшать. Цикл меслечĕпе ĕçлеме пуçличчен трактористсем йывăççене пурте пĕр лаптăкран турттарнă, кашниех шултрарах йывăççене кăкарма тăрăшнă, вакраххисене тапта-тапта хăварнă. Халĕ ку йĕркене пĕтернĕ.

Василий Тимофеев тракторист ĕçлекен участок. Урлă-пирлĕ выртса юлакан йывăççем пачах çук. Аста тракторист ертсе пынипе хăватлă машина вăрман делянкипе эстакада хушшине пĕр вĕçĕмсĕр хутлать.

— Эпир трактор çине ытлашши йывăр тиеме тăрăшмастпăр. Йывăр тиени ĕç тухăçлăхне ӳстерме мар, машинăна ăнсăртран чарса лартса чăрмав кӳме пултарать,—ăнлантарса парать пире Тимофеев юлташ. Ĕç тухăçлăхне йывăр тиенипе мар, пур операцисене те хăвăрт тунипе, машинăна делянкăпа эстакада хушшинче лайăх илсе çӳретнипе ӳстерет вăл.

Георгий Смирнов, Иван Кожанов, Семен Ванюшин, Петр Михайлов тата ытти трактористсем те çакна ялан асра тытаççĕ. Вĕсем «КТ-12» тракторпа сменăра 30—40 кубометр йывăç турттарса кăлараççĕ.

Эстакада çинче те хĕрӳ ĕç вĕрет. Электропильщиксем йывăççене татса сыпăлаççĕ, штабелевщиксем сортăн-сортăн купалаççĕ, крановщиксемпе грузчиксем автомашинăсем çине тиесе чугун çул станцине ăсатаççĕ.

Вăрманпромхоз директорĕ А. Рожков юлташ пире партин ХХ-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсен проектне сӳтсе явнă май вăрман хатĕрлекенсен ĕçри хастарлăхĕ татах ӳсни çинчен каласа пачĕ. Механизаторсем улттăмĕш пилĕкçуллăхра йывăç хатĕрлессине 42 процент ӳстермеллине лайăх ăнланнă. Мăшавăш вăрман пункчĕ уйăхри плана январĕн 19-мĕшĕ тĕлне тултарнă. Кунта куллен кашни рабочи пуçне халĕ 3-шер кубометр йывăç касса хатĕрлесе çул хĕррине илсе тухаççĕ. Икĕ сменăпа ĕçлеççĕ: кăнтăрла йывăç касса йăвантараççĕ, турат иртеççĕ, тракторсемпе каснă йывăça эстакада çине илсе тухаççĕ, татса сыпăлаççĕ, çĕрле вара — тракторсемпе турттараççĕ, эстакада çинче ĕçлеççĕ.

Пĕнер вăрман пункчĕпе Çарăклă автоçулĕ çинчи рабочисен хастарлăхĕ те пысăк. Автоçул тăрăх вăрмантан йывăç турттарса кăларакан И. Иванов, П. Осипов, П. Егоров, А. Иванов шоферсем ĕç нормине 150-шар процент тултараççĕ.

Вăрманпромхозра социализмла ăмăрту вăйланса пырать.

**П. ТИХОНОВ.**

## Халăха вĕрентес ĕçри çитĕнӳсемшĕн

КӲКЕÇ. Пилĕкмĕш пилĕкçуллăхра Шупашкар районĕнче те халăха вĕрентес ĕçре пысăк утăмсем тунă. Çав вăхăтра çĕнĕрен вăтам шкулсем иккĕ уçнă, 8—10-мĕш классенче вĕренекен ачасен хисепĕ 416 çитнĕ. Пилĕкçуллăхра çĕнĕрен 8 шкул çурчĕ лартнă, 14 шкул çуртне тĕпрен юсанă. Çичĕ шкула электричество кĕртнĕ, икĕ шкул валли киноаппаратура туяннă. Районта 34 учитель аслă шкулсенчен заочно вĕренсе тухнă, 200 учитель ытла хăйсен квалификацине тĕрлĕ курссенче ӳстернĕ. Халăха вĕрентес ĕçре нумай çул хушши тăрăшса ĕçленĕшĕн икĕ учителе «Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ» ятне панă, нумайăшĕ ССР Союзĕн орденĕсемпе медалĕсене илме тивĕç пулнă.

Районти учительсем улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне пысăк хаваслăхпа кĕтсе илчĕç. Вĕсем çак чаплă документа хăйсен пухăвĕсенче активлăн сӳтсе яваççĕ.

Кӳкеçри вăтам шкулти парторганизацин уçă пухăвĕнче Афанасьев коммунист, учительсен шухăш-кăмăлне палăртса, çапла каланă:

— Директивăсен проектĕнче хуласенче тата ялти вырăнсенче ачасемпе çамрăксене пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан вăтам шкулсенче тата специальнăй вăтам шкулсенче вĕрентсе пурне те вăтам пĕлӳ парассине пурнăçлама палăртнă. Вăтам шкулсен аслă класĕсенче тата аслă шкулсенче вĕреннĕшĕн тӳлемелле мар туни пурне те савăнтарать. Учительсем умĕнче тăракан пысăк задача вăл—шкулсенче вĕрентӳпе воспитани ĕçĕн шайне хăпартасси. Çак пархатарлă задачăна пурнăçа кĕртес тесе эпир мĕн кирлине пурне те тăвăпăр.

Шкулсенчи учительсем Директивăсен проектне ĕççыннисене ăнлантарса парас ĕçе активлăн хутшăнаççĕ. Районти предприятисемпе учрежденисенче, колхозсенче 200 учитель-агитатор ытла Директивăсен проекчĕ тăрăх калаçусем, лекцисемпе докладсем ирттереççĕ.

**Ф. МАРКОВ.**

## Ял ĕçченĕсен çĕкленĕвĕ

ЭЛĔК. Районти предприятисемпе колхозсенче, машина-трактор станцийĕнче ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне пысăк çĕкленӳпе сӳтсе яваççĕ.

МТС-ри механизаторсен пухăвĕнче 6-мĕш трактор бригадин бригадирĕ Г. Васильев юлташ çапла каларĕ:

— Пирĕн бригада иртнĕ çулта тракторсемпе тумалли ĕçсен планне 140 процент тултарчĕ, 2 пин килограмм ытла горючи перекетлесе хăварчĕ. Парти лартнă пысăк задачăсем пире çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантараççĕ. Бригада тракторсемпе ялхуçалăх машинисене пĕтĕмпех юсаса çитерчĕ. Кăçал кашни 15 лаша вăйлĕ трактор пуçне 750 гектар чухлĕ ĕç тума пулатпăр.

Механизаторсем КПСС ХХ-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне тракторсене юсаса çитерме йышăнчĕç.

Çак кунсенче МТС колхозсене пысăк пулăшу парать. Минераллă удобренисем тата строительство материалĕсем турттараççĕ, тăватă тракторпа утă-улăма вĕтетеççĕ.

Киров ячĕпе тăракан колхоз ĕçченĕсем, Директивăсен проекчĕпе хавхаланса, çуракине пур енчен те хатĕрленсе çитме тăрăшаççĕ. Уй-хире тислĕк нумай кăлараççĕ. Иртнĕ эрнекун район учрежденийĕсен килкартинчен 100 лав таран тислĕк турттарса кăларнă.

**М. КУСТИКОВ.**

* * *

ЧУРАЧĂК. Калинин ячĕпе тăракан колхоз ĕçченĕсем КПСС ХХ-мĕш съездне çуракине тĕплĕн хатĕрленсе çитнипе кĕтсе илме тăрăшаççĕ. Бригадăсем хушшинче социализмла ăмăрту сарăлса пырать. Колхоз уйра юр тытса хăварчĕ, минераллă удобренисем, кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ хатĕрлерĕ, уя çĕршер лав тислĕк кăларнă. Ку ĕçсене Н. Иванов, А. Федоров, И. Михайлов тата ытти хăшпĕр колхозниксем уйрăмах активлă хутшăнчĕç.

Колхозниксем кукуруза акма тимлĕн хатĕрленеççĕ. Агротехника кружокĕнче Г. Иванов агроном колхозниксене кукуруза туса илмелли майсем çинчен вĕрентет. Кукурузăна кăçал 80 гектар çине акаççĕ, ун валли чи лайăх çĕр уйăрнă.

**Н. СТЕПАНОВ.**

## Мускав облаçĕнчи парторганизацин конференцийĕ

Январĕн 26-мĕшĕнче Мускав облаçĕнчи парторганизацин XII-мĕш конференцийĕ ĕçлеме пуçланă.

Конференцие КПСС Мускав область комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ И. В. Капитонов юлташ уçать. Президиум, мандат тата редакци комиссийĕсем, секретариат суйлаççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумĕн составне хисеплĕ президиума суйласси çинчен панă сĕнĕве делегатсемпе хăнасем тăвăллăн алă çупса кĕтсе илеççĕ.

Çакăн хыççăн кун йĕрки çирĕплетеççĕ: «ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС ХХ-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен» КПСС Центральнăй Комитечĕ туса хатĕрленĕ проектне сӳтсе явасси; партин область комитечĕн ĕçĕ çинчен тунă отчет; ревизи комиссийĕн ĕçĕ çинчен тунă отчет; партин область комитетне суйласси; ревизи комиссине суйласси; КПСС ХХ-мĕш съездне кайма делегатсем суйласси.

Пĕрремĕш ыйту тăрăх парти обкомĕн секретарĕ В. В. Гришин юлташ доклад туса панă.

Партин область комитечĕн ĕçĕ çинчен КПСС Мускав область комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ И. В. Капитонов юлташ отчетлă доклад тунă.

Унтан конференци ревизи комиссийĕн ĕçĕ çинчен комисси председателĕ И. М. Соколов юлташ туса панă отчетлă доклада итленĕ.

Конференцие Н. М. Шверник, А. Б. Аристов, Н. И. Беляев, П. Н. Поспелов, Д. Т. Шепилов юлташсем пынă.

* * *

Январĕн 27-мĕшĕнче конференцире КПСС обкомĕпе ревизи комиссийĕн отчетлă доклачĕсем тăрăх пренисем пуçланнă.

Конференцире партин Дзержински райкомĕн секретарĕ Никифоров юлташ, «Москвоуголь» комбинат начальникĕ Субботин юлташ, Звенигород районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Король юлташ, СССР халăх артисчĕ Нэлепп тухса каланă. Вĕсем хăйсен коллективĕсен çитĕнĕвĕсем çинчен, партин ХХ-мĕш съездне хатĕрленнĕ тапхăрти социализмла ăмăрту çинчен каласа кăтартнă, ĕçе малалла лайăхлатма пулăшакан конкретлă сĕнӳсем панă. Делегатсем предприятисен, колхозсен, министерствăсен, партипе совет организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене критикленĕ, вĕсене пĕтермелли майсене кăтартса панă.

Унтан мандат комиссийĕн ĕçĕсем çинчен унăн председателĕ Подельщиков юлташ туса панă доклада итленĕ. Каçхи ларура президиума К. Е. Ворошилов, Л. М. Каганович, Г. М. Маленков, А. И. Микоян, М. Г. Первухин, М. З. Сабуров, М. А. Суслов, Н. С. Хрущев, А. Б. Аристов, Н. И. Беляев, П. Н. Поспелов, Д. Т. Шепилов юлташсем пынă. Вĕсене делегатсемпе хăнасем тăвăллăн алă çупса кĕтсе илнĕ.

Январĕн 28-мĕшĕнче конференци малалла ĕçленĕ. (ТАСС).

## *Н. С. Хрущев юлташ Федеративлă Югослави Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолне Добривойе Видича йышăнни*

Январĕн 26-мĕшĕнче Н. С. Хрущев юлташ Федеративлă Югослави Халăх Республикин Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолне Добривойе Видича йышăннă, унпа калаçнă.

(ТАСС).

## Совет Союзĕн правительство делегацийĕ Финляндирен таврăнни

Январĕн 27-мĕшĕнче Совет Союзĕн правительство делегацийĕ — СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Пĕрремĕш Заместителĕ М. Г. Первухин (делегаци пуçлăхĕ), СССР Верховнăй Совечĕн Союз Совечĕн Председателĕ А. П. Волков, СССР Ют çĕршыв Ĕçĕсен Министрĕн Пĕрремĕш Заместителĕ А. А. Громыко, Совет Союзĕн Маршалĕ А. М. Василевский Хельсинкирен Мускава таврăннă. Совет Союзĕн правительство делегацийĕ Финляндире Порккала-Удд территорине Финляндие панă май тата çав территорие пани çинчен калакан Юлашки Протокол çине алă пусма кайнă пулнă. (ТАСС).

## Ĕç тухăçлăхĕ ӳсет

Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнче КПСС ХХ-мĕш съездне ĕçри çитĕнӳсемпе кĕтсе илессишĕн социализмла ăмăрту вăйланса пырать. Рабочисемпе работницăсем нормăна иртттерсе тултарма, ĕççыннисем валли паха продукци ытларах туса кăларма тăрăшаççĕ.

Комбинатри ремонт тăвакан мастерскойри рабочисем пĕтĕм предприяти коллективне тухăçлă ĕçлеме пулăшса пыраççĕ. Çак мастерскойри механически цехри токарьсем, слесарьсем, электросварщиксем тата ытти специалистсем январь уйăхĕнчи производство планне 110 процент тултарма, браксене пĕтерме, рационализаторла икĕ сĕнĕве производствăна кĕртме пулса, литейщиксене социализмла ăмăртăва чĕннĕ. Литейщиксем, механически цех коллективĕн чĕнĕвне йышăнса, нихçанхинчен те хастарлăн ĕçлеме, ĕç тухăçлăхне ӳстерме çĕнĕ майсем тупса палăртма тытăннă. Цехри профгруппорг И. Автономов юлташ металран тĕрлĕ формăсем туса хатĕрленĕ çĕрти ĕçе çăмăллатма паха сĕнӳ панă. Унăн сĕнĕвне пурнăçа кĕртни ĕçе çăмăллатма, детальсене хăвăртрах туса кăларма пулăшнă. Халĕ вăл продукци пахалăхне ӳстерме, браксене пĕтерсе пыма пулăшать.

Ремонт мастерскойĕнче ĕçлекен А. Золотовпа Н. Лукин юлташсем иртнĕ декабрь уйăхĕнче нормăран иртттерсе тĕрлĕ формăсем икĕ хут ытларах туса кăларнă.

Механически цехра хăйĕн ĕçне лайăх вĕренсе çитнĕ çамрăк рабочи-токарь В. Лапин, иртнĕ пилĕкçуллăхри ĕç нормине срокчен тултарса, 1958 çул шучĕпе ĕçлеме тытăнчĕ. Çамрăк рабочи хăйĕн ĕç вырăнне тата инструментсене яланах таса тытать.

## *В. А. Моцарт çуралнăранпа 200 çул тултарнă май*

Австрин аслă композиторĕ Вольфганг Амадей Моцарт çуралнăранпа 200 çул тултарнине уявласа январĕн 27-мĕшĕнче Мускавра, ССР Союзĕн Пысăк театрĕнче, чаплă лару иртттернĕ. Ăна СССР Культура министерстви, Мире сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕ, Урăх çĕршывсемпе культурăлла çыхăнусем тытас тĕлĕшпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри общество тата Совет композиторĕсен союзĕ организациленĕ.

Хăнасем хушшинче—Австрин ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Норберт Бишофф господин, Австри композиторĕ Марсель Рубин. Вăл ССР Союзне Моцарт юбилейне уявлама килнĕ.

Залра çавăн пекех Мускаври ĕççыннисен представителĕсем, чылай посольствăсемпе миссисен пуçлăхĕсем пулнă.

Ларăва Совет композиторĕсен союзĕн генеральнăй секретарĕ Т. Н. Хренников уçнă.

Моцарт пурнăçĕпе творчестви çинчен СССР халăх артисчĕ Ю. А. Шапорин профессор доклад туса панă.

Вечерта Австрин ССР Союзĕнчи Чрезвычайнăй тата Полномочнăй Посолĕ Норберт Бишофф сăмах тухса каланă. Вăл çак кунсенче Совет Союзĕнче Австри халăхĕн аслă ывăлĕсенчен пĕрне çапла чысласа асăннăшăн тав тунă.

Австри композиторĕсен союзĕ ячĕпе вечера пухăннисене Марсель Рубин чĕререн саламланă.

Чаплă лару вĕçленнĕ хыççăн Пысăк театр артисчĕсем Моцартăн «Свадьба Фигаро» ятлă оперине кăтартнă.

Чаплă ларура тата ун хыççăн кăтартнă «Свадьба Фигаро» опера спектаклĕнче К. Е. Ворошилов, Л. М. Каганович, Г. М. Маленков, А. И. Микоян, М. Г. Первухин, М. З. Сабуров, М. А. Суслов, Н. С. Хрущев, А. Б. Аристов, П. Н. Поспелов, Д. Т. Шепилов пулнă.

Вольфганг Амадей Моцартăн генилле произведенине — «Свадьба Фигаро» оперăна Пысăк театр коллективĕ лартса панă. Австри халăхĕн мухтавлă ывăлне асăнса иртттернĕ чаплă вечера пухăннисем спектакле питĕ юратса пăхнă. (ТАСС).

АГИТАТОРСЕНЕ ПУЛĂШМА

# ÇĔНĔ ПИЛĔКÇУЛЛĂХРА ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ХĂВАТЛĂН АТАЛАНАТЬ

1960 çулта туса кăлармалла

Чугун 53 миллион тонна




Хурçă 68,3 миллион тонна




Прокат 52,7 миллион тонна




Çĕр кăмрăкĕ 593 миллион тонна




Нефть 135 миллион тонна




Электроэнерги 320 миллиард киловатт-сехет




## Йывăр промышленность—социализмла экономика никĕсĕ

СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ социализмла промышленноçа — совет экономикин чи кирлĕ те ертсе пыракан отраслине пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарма палăртать. Уйрăмах йывăр индустри хăвăрт аталанать. Йывăр индустри Совет государствин экономика вăй-хăватне пĕрмаях ӳстерсе пымалли, унăн оборона пултарулăхне çирĕплетмелли, совет халăхĕн материальнăй пурнăçне лайăхлатса, культура шайне ӳстермелли никĕс пулса тăрать. Çакăнта ĕнтĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн тĕп çул-йĕрĕ уççăн палăрса тăрать.

Социализм строительствин пур тапхăрĕсенче те пирĕн парти хăйĕн практикăри ĕçĕсене марксистла-ленинла теори тăрăх туса тăрать, хуçалăх политикине общество аталанăвĕн объективлă экономикăлла законĕсене тарăн ăнланса илнĕ никĕс çинче пурнăçа кĕртсе пырать.

Обществăн ӳссе пыракан ыйтăвĕсене туллипрех тивĕçтерсе тăма материальнăй ырлăхсем туса кăларассине пĕрмаях çĕнетсе, ӳстерсе ӳстерсе пымалла.

В. И. Ленин çапла кăтартса панă: социализмăн пĕртен-пĕр материальнăй никĕсĕ машинăллă шултра индустри кăна пулма пултарать, вăл халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсене те чи çĕнĕ техникăпа хĕçпăшаллантарать, йывăр промышленноçа ыттисенчен вăйлăрах аталантарнă никĕс çинче кăна обществăлла ĕç тухăçлăхне обществăн çĕнĕ строй — коммунизм туса хума кирлĕ таран хăпартма пулать.

Коммунистсен партийĕ, Ленин кăтартса панă тăрăх ĕçлесе, йывăр промышленноçпа унăн тĕп пайне — машиностроенипе ытларах аталантарас политика тытса пынă, халĕ те çав политикăна тытса пырать. Парти ку ĕçре калама çук пысăк çитĕнӳсем турĕ. Историлле кĕске срокра хăватлă йывăр индустри туса хунă.

Производство хатĕрĕсем туса кăларасси иртнĕ пилĕкçуллăхсенче пуринче те кулленхи кирлĕ япаласем туса кăларассинчен чылай пысăкрах хăвăртлăхсемпе аталанса пычĕ. Сăмахран, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра СССР промышленноçĕн продукцийĕ 85 процент ӳснĕ, çав шутра производство хатĕрĕсем туса кăларасси 91 процент, кулленхи кирлĕ япаласем туса кăларасси — 76 процент ӳснĕ.

СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен КПСС Центральнăй Комитечĕ хатĕрленĕ проекчĕ пĕтĕм совет экономикине тата совет халăхĕн пурнăç шайне малалла хăватлăн çĕклемелли кĕрешӳ программи пулса тăрать.

Директивăсен проекчĕ промышленность продукцийĕ туса кăларассине пилĕкçуллăхра 65 процента яхăн ӳстерме палăртать, çав шутра производство хатĕрĕсем туса кăларасси («А» группа) 70 процента яхăн ӳсмелле. Промышленность тĕлĕшпе улттăмĕш пилĕкçуллăхăн чи паха задачи хура тата тĕслĕ металлургие малалла аталантарасси пулса тăрать; нефть, çĕр кăмрăк, химии промышленноçне аталантармалла, электростанцисем лартассин хăвăртлăхĕ промышленноçăн ытти отраслĕсен аталанăвĕнчен маларах пулса пымалла, машиностроение, уйрăмах техника енчен лайăх станоксем, тимĕрçĕ-пресс машинисем, автоматика хатĕрĕсемпе приборсем туса кăларассине хăвăрт ӳстермелле.

Промышленноçа, ялхуçалăхне, транспорта ăнăçлăн малалла аталантарас, капитальнăй строительствăн калама çук пысăк программине пурнăçа кĕртес ĕçре промышленность валли чĕртавар парса тăракан отрасльсене — металлургипе топливо промышленноçне хăвăрт аталантарни пысăк вырăнта тăрать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра хура металсем туса кăларасси 1,5 хут ытла ӳсни машиностроение тата металтан тĕрлĕ япаласем туса кăларассине хăвăрт аталантарма, транспорта вăйлатма, капитальнăй ĕçсем нумай туса иртерме çирĕп никĕс хывса парать. Кунсăр пуçне, халăх хуçалăхне уйрăмах кирлĕ металсем туса кăларасси пысăкрах хăвăртлăхсемпе аталанать.

Обществăлла производствăна хăвăрт аталантарма кирлĕ условисем вăл çĕршывăн топливо базине çирĕплетни пулать.

Обществăлла производствăн тĕрлĕ отраслĕсем, уйрăмах ялхуçалăхĕ малалла аталанни химикатсемпе минераллă удобренисем туса кăларассине хăвăрт ӳстерме ыйтассĕ. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра минераллă удобренисем туса кăларассине 2 хут ытла ӳстерни вăл ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне хăпартма тата ялхуçалăхĕн мĕнпур продукчĕсене ытларах туса илме чи кирлĕ условисем пулса тăрать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăх вăл — халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче техникăна малалла аталантармалли тата ĕç тухăçлăхне хăвăрт ӳстермелли пилĕкçуллăх. Производствăн техника шайĕ электрификацие, комплекслă механизацие автоматизацие малалла аталантарнă, пысăк тухăçлă çĕнĕ оборудованипе малта пыракан техникăна ĕçе кĕртнĕ, кивелнĕ оборудование улăштарас тата çĕнетсе лайăхлатас ĕçе анлăн туса пынă никĕс çинче ӳссе пымалла.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕ халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсенче ĕç тухăçлăхне хăвăрт ӳстерме палăртать (промышленноçра — 50 процентран кая мар, строительствăра — 52 процентран кая мар тата ытти те), çакă вăл производствăна ӳстерес тата халăх пурнăçне малалла лайăхлатас тĕлĕшпе улттăмĕш пилĕкçуллăхра палăртнă заданисене тултарма чи кирлĕ условисем пулса тăрать. Техникăри прогресс тата ĕç тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе заданисене ăнăçлă пурнăçлас тесен, чи малтан энергетика хуçалăхĕпе машиностроение пысăк хăвăртлăхсемпе аталантармалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра, электроэнергие промышленноçра ытларах усă курнипе пĕрлех, транспортпа ялхуçалăхне анлăрах электрификацилеме, çавăн пекех хуласене электроэнерги парса тăрассине лайăхлатма палăртнă.

Пилĕкçуллăхра атом энергийĕпе мирлĕ ĕçре усă курассине чылай ӳстерни калама çук пысăк вырăнта тăрать.

Çĕнĕ техника никĕсĕ çинче производство чарăнмасăр ӳссе пыни чи малтан машиностроени аталанăвĕпе çыхăнса тăрать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра машиностроени продукцине тата металтан тĕрлĕ япаласем туса кăларассине 80 процента яхăн ӳстерме палăртнă.

Пысăк тĕрĕслĕхпе ĕçлекен станоксем, автоматла цехсемпе заводсем валли кирлĕ оборудовани, пĕтĕмĕшпех механизациленĕ тата чи лайăх автоматизациленĕ прокат станĕсем, хăвачĕ 200 тата 300 пин киловатлă пăс турбинисем, электровозсем, тепловозсем тата ытти тĕрлĕ оборудовани туса кăларни производствăпа ĕç процесĕсене анлăн механизацилеме тата автоматизацилеме, промышленность производствине чылай ӳстерме май парать.

Тракторсем туса кăларассине икĕ хута яхăн, вăл шутра пропашной тракторсем туса кăларассине 2,7 хут ӳстерни, çĕршыври ялхуçалăхĕн тĕрлĕ зонисенчи условисене шута илсе тырпула уйрăм вырса, уйрăм çапмалли машинăсем, уй-хир ĕçне, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе тата ялхуçалăхĕн ытти отраслĕсенчи ĕçсене комплекслă механизацилемелли машинăсем туса кăларни çĕнĕ çĕрсемпе усă курас, ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерес, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем ытларах туса илес ĕçре калама çук пысăк вырăнта тăрать.

Йывăр промышленность хăвăрт аталаннă никĕс çинче улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăха кулленхи кирлĕ япаласем туса кăларасси 60 процента яхăн ӳсет, çулталăкра туса илекен тĕштырă хисепĕ 1960 çулта 180 миллион тоннăна (11 миллиард пăта) çитет, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илесси чылай ӳсет. Çакă вăл халăхăн материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатма, культура шайне ӳстерме май парать.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра йывăр промышленность хăватлăн ӳсни пирĕн çĕршывăн производительнăй вăйĕсене аталантарас ĕçре çĕнĕ утăм туни пулать, халăх хуçалăхĕ производство техникин çӳлĕрех пусăмне куçнине пĕлтерет.

1960 çулта 68 миллион та 300 пин тонна хурçă шăратма, 593 миллион тонна çĕр кăмрăкĕ кăларма, 320 миллиард киловатт-сехет электроэнерги туса илме палăртнă. Вăл çакна пĕлтерет: улттăмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕнче пирĕн çĕршывра хурçă пĕрремĕш пилĕкçуллăх умĕнхи — 1928 çулхи хисепрен 16,1 хут ытларах шăратассĕ, çĕр кăмрăкĕ 16,7 хут ытларах кăларассĕ, электроэнерги 63,9 хут ытларах туса илессĕ.

СССР халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче çав тери пысăк программа палăртнă. Çав программа пирĕн çĕршывăн халăх хуçалăхне, чи малтан, социализмла экономика никĕсне — йывăр индустрие çĕнĕрен хăватлăн çĕклеме май парать. Çак задачăсене ăнăçлă татса пыни пирĕн çĕршывра коммунизмла общество тăвас çулпа малалла çĕнĕ пысăк утăм тунине пĕлтерет.

> «СССР халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн тĕп задачисем çаксем пулаççĕ: йывăр промышленноçа пуринчен ытларах аталантарнă, техникăна пĕрмаях малалла аталантарса пынă тата ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пынă никĕс çинче халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене хăватлăн малалла аталантармалла, ялхуçалăх производствине хăвăрт вăйлатмалла, çавна май совет халăхĕн материальнăй пурнăçне чылай лайăхлатмалла тата культурине чылай ӳстермелле».
>
> (КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнчен).




*Çак карттăра улттăмĕш пилĕкçуллăхра туса лартакан е тума тытăнакан пысăк электростанцисем ăçта вырнаçнине кăтартнă.*

## Халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси ӳсет

> «Çăмăл промышленноçра кулленхи кирлĕ таварсем туса кăларассине малалла ӳстерме, пахалăхпа ассортимента, промышленность таварĕсене тулашĕнчен илемлетессине чылай лайăхлатма палăртас.
>
> ...Пилĕкçуллăхра нащи тупăшне (танлаштармалли хаксемпе шутласа) 60 процента яхăн ӳстермелле тăвас. Çак никĕс çинче рабочисемпе служащисен тата хресченсен тупăшĕсене малалла ӳстерессине пурнăçламалла; кашни çын пуçне апат-çимĕç тата промышленность таварĕсемпе усă курассине чылай ӳстермелле».
>
> (КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнчен).

Социализмла производство умĕнче совет çыннисен ӳссе пыракан ыйтăвĕсене лайăхрах тивĕçтерес задача тăрать. Обществăлла производствăна аталантарса халĕхи шая çитерни пирĕн Совет государствине пĕтĕм халăх хуçалăхне, вăл шутра ĕççыннисем валли кулленхи кирлĕ япаласем туса кăларакан промышленноçа та хăвăрт аталантарса пыма май парать. Çавăнпа, ĕнтĕ Директивăсен проектĕнче совет çыннисен материальнăй пурнăçне чылай лайăхлатма палăртнă.

Рабочисем, колхозниксем, интеллигенци хаклăрах та пахарах пусма-тавар, тумтир, ăтă-пушмак, культура таварĕсем, илемлĕ сĕтел-пукан, савăт-сапа, килти ĕçе çăмăллатакан япаласем ытларах туянасшăн. Пирĕн йывăр промышленность хăватлă, вăл çăмăл промышленноçа металл, топливо, электроэнерги, оборудовани çителĕклĕ тăратма пултарать. Ялхуçалăхĕ çăмăл промышленноçа чĕртавар ытларах паракан пулчĕ. Çапла вара пирĕн çĕршывра совет çыннисен кăмăлне каякан таварсем нумайрах туса кăларма паха майсем пур. Çавна шута илсе ĕнтĕ Директивăсен проектĕнче халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине пилĕк çул хушшинче 60 процента яхăн ӳстерме палăртнă.

Пилĕкçуллăхра çăмăл промышленноçри халĕ ĕçлекен предприятисен хăвачĕ вăйланать, вĕсем пысăк тухăçлă станоксемпе, машинăсемпе пуянланассĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн чун-чĕререн тăрăшнине ытти тĕслĕхсенчен те курма пулать. 1960 çулта промышленность кашни 20 çын пуçне пĕр телевизор е радиоприемник туса кăларать.

Тумтир, кĕпе тата ытти япаласем çĕлекен промышленность çултан-çул вăйланать, çĕршывра, çав шутра хамăр республикăра та, çĕнĕ çĕвĕ фабрикисем лартассĕ. Чылай килхуçи хĕрарăмсен хăйсем тата ача-пăча валли кĕпе-йĕм килте çĕлессĕ, тумтирсене мастерскойсенче юсаттармассĕ. Çавăнпа пире çĕвĕ машинисем нумай кирлĕ. 1955 çулта çĕршывра 1,6 миллион ытла çĕвĕ машини туса кăларнă, анчах çакă çителĕксĕр. 1960 çулта 3,78 миллион, урăхла каласан, 2,35 хут нумайрах çĕвĕ машини туса кăларассĕ.

Кĕпе çăвасси, уйрăмах сивĕ е йĕпе çанталăкра, йывăр та кансĕр ĕç. Новаторсем, конструкторсем, ученăйсем хĕрарăмсен çак йывăр ĕçне çăмăллатас шутпа кĕпе çăвакан машина шухăшласа кăларнă. Халĕ пирĕн республикăра та çавăн пек машина туса кăларма тытăннă. Пилĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле кĕпе çăвакан машина туса кăларасси ултă хут ытла ӳсет.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра тĕрлĕ йышши сехетсем, мотоциклсем, велосипедсем, сĕтел-пукан, ăтă-пушмак, килте усă курмалли холодильниксем, трикотаж изделийĕсем, строительство материалĕсем — хăма, шифер, пăта, чӳрече кантăкĕ, хут туса кăларасси те чылай ӳсет.

Совет çыннисен пурнăçĕ лайăхланасси паха апат-çимĕç таварĕсем нумай пулнинчен сахал мар килет. Пирĕн апат-çимĕç промышленноçĕ хăвăрт ӳсет, апла пулни те халăхăн тăтăшах ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тулли тивĕçтерейместь-ха. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра, ялхуçалăх чĕртаварĕсен ӳссе пыракан ресурсĕсемпе усă курса, çĕршывра сахăр песокĕ туса кăларасси 91 процент, аш-какай продукчĕсен туса кăларасси — 78 процент, пулă тытасси — 57 процент, выльăх çăвĕ туса кăларасси — 56 процент, сĕт продукчĕсем туса кăларасси — 2,7 хут, консервсем туса кăларасси — 78 процент ӳсет.

Сахăр завочĕсене, пахча çимĕç тата улма-çырла консервисем, çу тата сыр тăвакан заводсене çĕнĕрен çĕнĕ оборудованипе хĕçпăшаллантарма палăртнă.

Совет çыннисем валли вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕ те чылай япаласем туса кăларассĕ. Хăшпĕр таварсене, сăмахран, савăт-сапана, кирпĕче, извĕçе, урапа-çунана инçетрен кӳрсе килме кансĕр тата хакла ларать, çавăнпа вĕсене вырăнтах çителĕклĕ туса кăларас пулать. Ăна пурнăçлама пур çĕрте те тенĕ пек майсем çителĕклĕ. Вырăнти промышленноçпа промысла кооперацийĕн продукци туса кăларассине 1,6 хут ӳстермелле.

Директивăсен проекчĕ колхозсене вырăнти строительство материалĕсем çителĕклĕ парса тăрас тесе, колхозсене хăйсен вăйĕпе стена хывмалли материалсем, черепица, известь, хăмăш плитисем тата ытти материалсем тума сĕнет.

Çапла ĕнтĕ, пирĕн совет çыннисен пурнăçне лайăхлатма пулăшакан пур майсемпе те туллин усă курмалла.

1960 çулта туса кăлармалла

Автомобильсем 650 пин штук




Тракторсем 322 пин штук




Ялхуçалăх машинисем 9,6 миллиард тенкелĕх




Тĕштырă комбайнĕсем 140 пин штук




Минераллă удобренисем 19,6 миллион тонна




Атă-пушмак 455 миллион мăшăр




★ Директивăсен проектĕнче çак пилĕкçуллăхра ытти нумай гидроэлектростанцисемпе пĕрле Шупашкар гидроэлектростанцине тума тытăнма палăртнă. Унăн хăвачĕ 800 пине яхăн киловатт пулмалла.

★ Çĕршывăн экономикăлла тĕрлĕ районĕсенче специализациленĕ предприятисем тума, çав шутра Шупашкарти трактор пайĕсем тăвакан заводра çулталăкне 40 пин тонна металл шăратакан специализациленĕ цех тума палăртнă.

★ Чугун çулсем çинче иккĕмĕш линисем 6.600 километра яхăн хывмалла. Çавăн пекех Хусан чугун çулĕн уйрăм участокĕсенче иккĕмĕш линийĕсене тумалла.

*) Диаграммăсенче 1960 çулта туса кăларасси калăпăшне 1955 çулта туса кăларнипе танлаштарса [illegible] процентпа кăтартнă.

*Колхозсенчи отчетпа суйлав пухăвĕсем*

# Обществăлла хуçалăха тĕреклетессишĕн тивĕçлипе тăрăшмалла

Муркаш районĕнчи «Герой» колхоз иртнĕ çул, 1954 çулхипе танлаштарсан, укçан илекен тупăша 1,7 хута яхăн ӳстерчĕ, миллионер колхоз пулса тăчĕ. Артелĕн çулталăкри пĕтĕм тупăшĕ 1.105.611 тенкĕ çитрĕ.

Укçа-тенкĕ тупăшне çакăн пек хăвăрт ӳстерме мĕн пулăшнă-ха? Артель иртнĕ çул 50 гектар çине кантăр акнă, кашни гектартан 7,8-шер центнер кантăр вăрри, 7,5-шер центнер сӳс илнĕ. Çак культура колхоза пурĕ 691.336 тенкĕ тупăш панă, урăхла каласан, ку вăл артелĕн çулталăкри пĕтĕм тупăшĕнчен çурри ытла шутланать. Колхоз çав вăхăтрах ытти ялхуçалăх культурисенчен тата обществăлла выльăх-чĕрлĕхрен тупăш сахал илнĕ.

Артелĕн тупăшĕ пĕр отрасль шучĕпе кăна ӳссе пынине, паллах, тĕрĕс теме çук. Акă мĕншĕн ĕнтĕ артель членĕсем отчетлă пухура тĕштырă хуçалăхне малалла аталантарас тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленĕшĕн колхоз правленине хытă критиклерĕç.

Правлени председателĕ С. Бардасов юлташ тунă отчетлă докладран çакă палăрчĕ: колхоз иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче, тырпул лайăх пулнă 1953 çулхипе танлаштарсан, тĕштырă 264 центнер ытларах туса илнĕ, анчах та çакна тырпул тухăçлăхне ӳстернипе мар, акăнакан çĕр лаптăкне пысăклатнипе тунă. Колхоз кашни гектартан вăтам шутпа 11-шер центнер кăна, район туса илнĕ вăсерен те сахалрах, тĕштырă пухса кĕртнĕ. Уйрăм бригадăсем вара гектартан ырăш 8—9 центнер, сурхи тулă 4 центнер çеç пухса кĕртнĕ.

Иртнĕ çулта кашни ĕнерен сĕт малтанхи çулхинчен 70-шер литр сахалрах сунă, кашни сурăхран 1,5 килограмм çăм, кашни чăхран 26 çăмарта çеç илнĕ.

Çак çитменлĕхсем вĕсем артель правленийĕ ялхуçалăхĕнче тĕп отрасльсем пулса тăракан тĕштырă хуçалăхĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕçĕ çине тимлĕн пăхманнинчен, колхозниксен анлă массисене партипе правительство ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлама татăклă кĕрешĕве мобилизацилеменнинчен килнĕ.

Артель правленийĕн отчечĕ тăрăх чи малтан колхозник О. Васильев юлташ сăмах илчĕ. Вăл тырпул тухăçлăхне ӳстерес ĕçре колхоз вырăнти удобренисемпе начар усă курнине палăртрĕ, артель правленине тислĕк хатĕрлес ĕçре малта пыракансен опычĕпе усă курманшăн критикларĕ. Васильев юлташ хăйĕн сăмахне кăçалхи январĕн 11-мĕшĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçатра пичетленсе тухнă Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхоз председателĕн С. Яковлев юлташăн «Вăйлă тырпул никĕсĕ» ятлă статьинчен илнĕ тĕслĕхсемпе çирĕплетсе парать.

Чăн та, колхоз вырăнти удобренисемпе питĕ çителĕксĕр усă курать. Иртнĕ çул акăнакан çĕрĕн кашни гектарĕ пуçне икшер тонна ытларах кăна тислĕк кăларнă. Колхозăн çĕрĕсем çинче торф нумай. Анчах унпа усă курмаççĕ. 1955 çулта уя торф пĕр лав та кăларман.

— Халĕ эпир тырпул вăрçăччĕнхи çулхисенчен сахалрах туса илетпĕр,—терĕ Микушкин колхозник.—Мĕншĕн? Мĕншĕн тесен çĕре кирлĕ таран апат памастпăр. Невесенче юшкăн тăпри туллиех выртать, анчах ăна уя кăлармастпăр. Компост та тумастпăр. Ăçтан-ха тырпул тухăçлăхĕ ӳстĕр?

Артель правленийĕ минераллă удобренисемпе усă курассине те тивĕçлипе хакламасть. Пĕлтĕр минераллă удобренисем пĕр килограмм та кӳрсе килмен. Çак ĕç кăçал та начар пырать. Ĕне ферминчи тислĕке хире кăлармаççĕ.

Федоров колхозник хăйĕн сăмахĕнче артель правленийĕпе бригадирсем трактористсен ĕçне çирĕп асăрхаса тăманнине палăртать. Çавна пула хăшпĕр трактористсем çĕре япăх сухалаççĕ, чикĕ хĕррисенче 4—5 касă таран сухаламасăр хăвараççĕ, вара çак вырăн акăнмасăрах юлать.

Колхозра ĕçлекен трактор бригадин бригадирĕ Н. Ердуков юлташ, çак çитменлĕхе йышăнса, колхоз правленийĕпе бригадирсем вăрлăх хатĕрлес ĕç çине кирлĕ пек пăхманни çинчен каларĕ. Иртнĕ çулта хăшпĕр уй-хир бригадисенче кондицие ларман вăрлăх акнă, çавна пула уйрăм лаптăксенче тырпул начар пулнă. Артель правленийĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе те тивĕçлипе ертсе пыман. Иртнĕ çулта путексем çурри ытла вилсе пĕтнĕ, инкубатор станцийĕнчен туяннă чĕпсенчен виçĕ пайĕнчен пĕр пайĕ кăна сыхланса юлнă. 1955 çулта, малтанхи çулхипе танлаштарсан, сурăх ферминчен илекен тупăш 3 хут, чăх-чĕп ферминчен илекен тупăш 2 хут чакнă. Акăнакан çĕрсен 100 гектарĕ пуçне 6,1 центнер кăна сысна ашĕ туса илнĕ. Сысна ĕрчетессине хакламаççĕ. Çулталăк хушшинче пурĕ 399 пуç сысна государствăна панă тата аяккалла сутнă, вĕсен чĕрĕ виçи пурĕ те 126 центнер кăна пулнă. Сурăхсенчен çуррине ытла çамрăклах сутса пĕтернĕ. Артель правленийĕ выльăх витисем çĕнĕрен тăвас енĕпе те çителĕксĕр ĕçленĕ. Витесем тăвас ĕçе анлăн сарса ярас шутпа колхозри строительство бригадин бригадирĕ А. Ердуков юлташ двигательпе хăма çурмалли рама туянма сĕнчĕ.

Пухура тухса калакансем ытти çитменлĕхсем çинчен те чарăнса тăчĕç. Уй-хир бригадин бригадирĕсем ĕçкунĕсене колхозниксен ĕç кĕнекисем çине вăхăтра çырса памаççĕ. Колхозра ĕçкунĕсем ытлашши салатнă тĕслĕхсем те пур. Уйрăм колхозниксем артелĕн обществăлла пурлăхне упрассишĕн сахал тăрăшаççĕ, ĕç дисциплинине пăсаççĕ. Артель çуракине çителĕксĕр хатĕрленет.

Пухура МТС колхозпа тунă договора мĕнле пурнăçласа пыни çинчен МТС-ăн главнăй зоотехникĕ Судаков юлташ отчет туса пачĕ.

Колхозниксен пĕрлехи пухăвĕ 1956 çулта кашни гектартан 12 центнертан кая мар тĕштырă, кашни ĕнерен 1.500-шер килограмм сĕт, кашни сурăхран 2,8-шер килограмм çăм, кашни чăхран 70-шер çăмарта, 100 гектар çĕр пуçне 25 центнер аш-какай илме, артелĕн çулталăкри тупăшне 1.469 пин тенкĕ çитерме май паракан ĕçсене туса ирттерме кирлине палăртрĕ.

П. ПАВЛОВ.
(«Коммунизм ялавĕ» корр.).

## Клуб отчечĕ

ВĂРНАР. Районти культурăпа çутĕç учрежденийĕсен руководителĕсем чылай çулсем хушши ĕнтĕ ĕçсыннисем умĕнче çулталăкра пĕрре отчетсем туса параççĕ. Çакă клубсемпе вулав çурчĕсен тата библиотекăсен ĕçне лайăхлатма чылай пулăшать.

Вăрманкасри ялти клуб отчетне итлеме 300 çын ытла пухăнчĕ. Клуб заведующийĕ П. Кошкин 1955 çулхи ĕçсем çинчен тĕплĕн каласа пачĕ.

Клуб хăйĕн мĕнпур культурăлла-массăлла ĕçне Хрущев ячĕпе тăракан колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизацине кулленхи ĕçре пулăшас тĕллевпе туса пырать. Çав ĕçсем колхозăн обществăлла хуçалăхне малалла тĕреклетме, ял ĕçчене ялхуçалăх продукчĕсем ытларах та ытларах туса илме хавхалантарма пулăшаççĕ. Иртнĕ çулта колхоз кашни 100 гектар çĕр пуçне 102 центнер сĕт, 25 центнер аш-какай тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем те нумай туса илнĕ. Клуб колхоз ĕçченĕсем хушшинчи социализмла ăмăртăва организацилеме пулăшать, кунта стена хаçачĕпе боевой листоксем тăтăшах тухса тăраççĕ.

Çулталăк хушшинче клубра политикăлла тата наукăлла темăсем тăрăх 45 лекци, 250 калаçу, 69 киносеанс, 14 концерт, 24 спектакль ирттернĕ. Клубра литература, хор, драма, шашка-шахмат кружокĕсем ĕçлеççĕ. Клуб библиотекинче 6 пин ытла кĕнеке. Вулакансен йышĕ 400 çынтан иртет. Партин XX-мĕш съезчĕ тĕлне кунта кĕнеке витрини йĕркеленĕ.

Пухура тухса калакансем клуб ĕçне лайăхлатмалли сĕнӳсем пачĕç. Клуб совечĕн çĕнĕ составне 11 çынна суйларĕç.

Ялти клубсен отчечĕсем Ленин ячĕпе, Киров ячĕпе, Калинин ячĕпе тăракан колхозсенче те пулса иртнĕ.

П. ТИХОНОВ.

### *Сĕт суса илесси ӳсрĕ*

ЕЛЧĔК. ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли улттăмĕш пилĕкçуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ Ленин ячĕпе тăракан колхоз членĕсен ĕçри хастарлăхне ӳстерчĕ. Артельти дояркăсем иртнĕ çул хăйсене çирĕплетсе панă кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.216-шар килограмм кăна сĕт суса илнĕ. Кăçал вĕсем, шалти резервсемпе майсене шута илсе, кашни ĕнерен 2.000 килограмран кая мар сĕт суса илме пулчĕç.

Йышăннă обязательствăсене анăçлă пурнăçлассишĕн дояркăсем хушшинче социализмла ăмăрту çак кунсенче уйрăмах анлăн сарăлнă. Ĕнесене дояркăсем ута-улăмсăр пуçне талăкра 20,0-шер килограмм кукуруза силосĕ çитереççĕ. Ĕçе лайăх йĕркелени сĕт суса илессине нумай ӳстерме пулăшнă. Фермăри ĕнесенчен январь уйăхĕн пĕрремĕшне иккĕмĕш çунакунлăхĕсенче иртнĕ çулхи çав вăхăтринчен 2.505 литр ытларах сĕт суса илнĕ.

П. ПЕЧКОВ.

### ФЕРМĂРИ ХĔРЛĔ КĔТЕСРЕ

КУСЛАВККА. Чапаев ячĕпе тăракан колхозăн ферминче хĕрлĕ кĕтес организациленĕ. Кунта хаçат-журналсем килсе тăраççĕ, пĕчĕк библиотека пур. Агитаторсем выльăх-чĕрлĕх пăхакансем валли часчасах докладсем туса параççĕ, калаçусем ирттереççĕ.

Нумай пулмасть ялти клуб заведующийĕ Порукова коммунист СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕн материалĕсем çинчен калаçу ирттерчĕ. Халĕ дояркăсемпе свиноводсем КПСС XX-мĕш съезчĕ улттăмĕш пилĕкçуллăх тĕлĕшпе паракан Директивăсен проекчĕпе паллашаççĕ.

Д. СМИРНОВ.

### ХУШСА ТӲЛЕМЕЛЛИ ЙĔРКЕПЕ

ВĂРМАР. Иртнĕ çул Мичурин ячĕпе тăракан колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пур енĕпе те тултарчĕ. Çакăншăн артель правленийĕ ĕçре палăрнă дояркăсемпе сурăх пăхакансене ĕçшĕн хушса тӳлерĕ. М. Константинова, Р. Ефремова, А. Семенова, А. Павлова, Е. Чернова дояркăсем пĕрер пăру тата сĕт, М. Мироновăпа М. Ларионова сурăх пăхакансем тăватă уйăхри икшер путек илчĕç.

Н. ПЕТРОВ.

## Учительсем валли—çуртсем

Чкаловски районĕнче шкулсене тата çавăн пекех учительсене пулăшасси çултан-çулах лайăхланса пырать. Учительсем ĕçсыннисем пулăшнипе хваттерсене хутса ăшăтма вутă тата çавăн пекех крассын вăхăтра илсе тăраççĕ е хăйсем валли пӳрт-çурт туса лартаççĕ. Иртнĕ икĕ çул хушшинче Федорова, Илехметов, Ильин тата ытти учительсем, пурĕ 21 çын, хăйсем валли пӳртсем туса лартрĕç. Халĕ татах тепĕр 7 учитель пӳрт лартать.

Юлашки вăхăтра, ялсенчи ĕçсыннисем пулăшнипе, Туçапа Чкаловскинчи вăтам, Сăкăтпа Чкаловскинчи тата Ыхра-Сырминчи çичĕ çул вĕренмелли тата ытти хăшпĕр шкулсем çумĕнче учительсем валли хваттерсем тунă. Халĕ татах тепĕр виçĕ шкул çумĕнче хваттерсем тума çуртсем лартаççĕ.

В. ВЛАДИМИРОВ.

### ИНВАЛИДСЕМШĔН ТĂРĂШНИ

КАНАШ. (Хамăр корр.). Иртнĕ çул вăрçă инвалидĕсемпе вăрçăра вилнĕ çынсен çемйисене хулари социаллă обеспечени пайĕ виçĕ миллион тенкĕ яхăн пенсипе пособи тӳленĕ. Ку вăл 1954 çулхинчен çĕр пин тенкĕ ытларах пулать. Кунсăр пуçне пĕр вăхăтлăх пособи 22.800 тенкĕ панă тата организацисемпе учрежденисем—27.500 тенкĕ парса пулăшнă.

Вăрçă инвалидĕсенчен çулталăк хушшинче 57 çынна ĕçе вырнаçтарнă, вуншар çынна хваттерсем тупса панă.

## Кӳршĕсем чĕнсе калана хыççăн

КРАСНОАРМЕЙСКИ. Çак кунсенче Димитров ячĕпе тăракан колхозри дояркăсем Сĕрпӳ районĕнчи выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсен Чĕнĕвне сӳтсе яврĕç.

— Иртнĕ çулта эпĕ кашни ĕнерен 1.219 литр сĕт суса илнĕччĕ. Кăçал, ССР Союзĕн халăх хуçалăхне улттăмĕш пилĕкçуллăхра аталантармалли план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕпе хавхаланса, 1.700-шер литр сĕт суса илме пултăм,—терĕ Л. Иванова доярка.

Доярка колхоз правленине ĕнесене силос хушса пама, силос çине посыпка сапса çитерессине йĕркелеме, вĕсене халиччен пек кунне икĕ хут мар, 4 хутран кая мар шăварма тума сĕнет.

Ферма валли утă çителĕклĕ уйăрнă пулнă пулин те, ăна халиччен ĕнесене çитермен, çуркунне валли «перекетлесе» хăварма пăхнă. Дояркăсем çакна тĕрĕс мар тесе палăртрĕç, правленинчен утă-улăм çителĕклĕ уйăрса пама ыйтрĕç, ăна пăспа çемçетсе çитерессине йĕркелеме хушрĕç.

Артель правленийĕпе пуçламăш парторганизаци халĕ дояркăсен сĕнĕвĕсене шута илчĕç. Ĕнесене пăхас тата тăрантарас ĕç те самаях лайăхланчĕ. Ĕнесем малтанхинчен икĕ хут ытларах силос, посыпка тата 3 килограмран кая мар утă, çуртри улăмĕ çиеççĕ. Хăшпĕр ĕнесене, вĕсен уйрăмлăхĕсене кура, йӳсĕтнĕ çăнăх шывĕ ĕçтермелле тунă, витаминлă апат çитерме пуçланă. Кунта халиччене ĕнесене чупта-рас ĕçе тĕрĕс йĕркелемен. Çавăнпа вĕсем кая юлса çуркуннехи е çуллахи уйăхсенче кăна пăруланă. Çавна пула чылай дояркăсем хĕллехи вăхăтра сĕт сахал суса илнĕ, колхоз сиен тӳснĕ. Фермăра ĕçлекенсем малалла ĕнесене ноябрь-декабрь уйăхĕсенчех пăрулаттармалла тăвасшăн.

Артель правленийĕ çавăн пекех фермăри чылай ĕçсене механизацилеме палăртать. Сăмахран, кăçал кунта водопровод хывмалла, автопоилкăсем вырнаçтармалла, кормокухня валли апат хатĕрлекен комбайн туянмалла.

Ĕнесене çĕнĕлле, çĕрпӳсем сĕннĕ пек пăхма тата тăрантарма пуçăнсан, кĕтнĕ пекех, ĕнесем сĕт антарнă. Л. Иванова доярка, акă, январĕн малтанхи вунăкунлăхĕнче куллен 16-шар литр сĕт суса илнĕ пулсан, халĕ 25 литр сăвать. Кăçал кашни ĕнерен 1.700 литр сĕт суса илме обязательство илнĕ Д. Маркова доярка ĕнисем те сĕт хушнă. А. Васильева доярка ĕнисем январĕн 12-мĕшĕнче 11 литр сĕт панă пулсан, январĕн 23-мĕшĕнче 22 литр панă.

Парторганизаци выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсем хушшинчи культурăлла-массăлла ĕçе вăйлатрĕ. Ĕне ферминче халĕ хĕрлĕ кĕтес тунă, унта радио кĕртнĕ, пĕчĕк библиотека йĕркеленĕ. Агитаторсем партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи материалсем тăрăх калаçусем ирттереççĕ.

— Эпир те çĕрпӳсенчен юлмăпăр, — теççĕ дояркăсем.

Н. ОРЛОВ.
(«Коммунизм ялавĕ» корр.).

## Кукуруза уйне тислĕк кăлараççĕ

Элĕк районĕнчи Шверник ячĕпе тăракан колхоз çултан-çул вăйланса пырать. Иртнĕ çул колхоз малтанхи çулхинчен 4 пин центнер ытларах тĕштырă туса илчĕ. 1955 çулта колхоз малтанхи çул пуçласа кукуруза акрĕ. Çанталăк условийĕсем кимĕçуллĕ пулмарĕç пулин те кукуруза лайăх çитĕнчĕ, унăн тунипе çулçи гектартан вăтам шутпа 300-шер центнер тухрĕ. Кукурузăран колхозĕпе пурĕ 400 тонна ытла силос хывнă.

Кăçал колхозниксем, Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем чĕнсе каланине ответлесе, иртнĕ çулхинчен тухăçлăрах тырпул туса илме пулчĕç. Колхоз тĕштырăсен тухăçне 16 центнера çитерессишĕн кĕрешет. Кукуруза усăллă культура пулнине кура, пĕлтĕр акнă 45 гектар вырăнне кăçал ăна 177 гектар çине акма йышăннă, гектартан 500-шер центнер симĕс масса пухса кĕртме палăртнă. Халĕ колхозниксем кукуруза акмалли вырăна вырăнти удобренисем кăлараççĕ.

З. АНДРЕЕВ.

# Капкăн кĕтесси

## План тĕрлĕрен пулать

Елчĕкри райпотребсоюза пырса кĕрес пулсан, эсир кунта пуринчен ытларах план çинчен калаçма юратнине илтме пултаратăр. Сăмах-юмаха ытлашши вылятмăпăр, çак калаçăвăн авторĕсем камсем иккенне тӳрех пĕлтерĕпĕр: пĕри вăл — райпотребсоюз председателĕ Г. Терентьев, тепри вара — главнăй бухгалтер пулса ĕçлекен С. Степанов. Ирхине те, кăнтăрла та, каçхине те,—пĕр сăмахпа каласан, кирек хăçан та — вĕсен хушшинчи калаçу çакăн майлă иртет:

— Ну, мĕнле, главнăй бухгалтер юлташ? Сирĕн план тулса пырать-и çак?—ыйтать Степановран председатель.

— Çук çав, пăртак тулаймасть. Тепĕр пин тенкĕ пулсан, мĕнле хуть,—ассăн сывланă пек пулать главбух. Унтан вара председатель çине хурлăхлăн пăхса илет те:—Сирĕн тата мĕнлерех, председатель юлташ? Хăвăрăн та тулайман пулĕ-ха?—тет.

— Çапла, манăн та... Тепĕр çур пин пулсан, антрамаллах мар пек те...

«Ха, плана тултарасшăн тăрăшаççĕ-çке вĕсем. Хăйсен ĕçне юратаççĕ иккен, ответлăха туйса ĕçлеççĕ», шухăшлăр эсир.

Çапах та апла ан шухăшлăрах. Вĕсем Елчĕк райпотребсоюзĕ тавар çаврăнăш планне тултарайманнишĕн мар, хăйсен кĕсйисенчи «укçа çаврăнăш» планĕ тулайманнишĕн кăна пăшăрханса калаçаççĕ. Çавăн хыççăн вара хавхалансах çав плана «тултарма» тытăнаççĕ.

«Мĕнле майпа-ха? Тĕслĕх, тĕслĕх кирлĕ?»—ыйтма пултарăр эсир.

Райпотребсоюз председателĕ Г. Терентьев иртнĕ çулах «1950 çулхи ĕç укçи шучĕпе» тесе 3.210 тенкĕ, главнăй бухгалтер С. Степанов 4 пин тенкĕ яхăн райсоюз кассинчен илсе хăйсен кĕсйисене чикнĕ.

«Носова, Носова мĕншĕн асăнмастăр тата?» — ыйтĕç кунти ĕçсене пĕлекен юлташсем.

Тĕрĕс, райпо председателĕн заместительне Петр Деомидович Носова та асăнмасăр иртме çук. Вăл та «ĕç укçи шучĕпе» тесе пĕлтĕрех кăçалхишĕн 1.659 тенкĕ хăйпăтса илнĕ.

Тĕлĕнмелле ĕçлеççĕ Елчĕкри райпотребсоюз пуçлăхĕсем! Вĕсем тавар çаврăнăш планне тултарассишĕн мар, ĕçлемен вăхăтшăн малтанах ĕç укçи илмелли «плана» ытлашшипех тултарассишĕн тăрăшаççĕ. Çынсем каланă тăрăх, халĕ вĕсем килес çулхи «ĕç укçи шучĕпе» те кассăран укçа илме шухăшлаççĕ имĕш. Мĕн калăн: пулма та пултарать!

И. МИШИН.

## Упине тытмасăрах тирне сутнă

Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн пир тĕртекен фабрика корпусне туса пĕтермесĕрех йышăннă. Халĕ кунта çанталăк ăшăтнă вăхăтра станоксем çине шăпăртатсах шыв анать.

— Эх, мĕнле ĕçлемелле-ши ку çуртра? Кунĕн-çĕрĕн шыв тумлать вĕт! Çурта йышăниччен малтан «Легпромстрой» трестĕнче ларакан пуçлăхсене çакăнта килсе тăратса пăхмалла пулнă.

— Мĕн калăн: упине тытмасăрах тирне сутрĕç çав вĕсем...

### *Капкăн пулăшрĕ*

Первомайски райисполком председателĕн заместителĕ Смелов юлташ октябрĕн 23-мĕшĕнче тухнă «Сас-хура пулнă та пĕтнĕ», «Сăмси айĕнчине те курмаççĕ» корреспонденцисем тĕрĕс пулни çинчен пĕлтерчĕ.

Ĕçе япăхтарса янăшăн, государство укçине перекетсĕр тытканланăшăн ача сачĕн заведующине Александровăна ĕçрен кăларнă, ача садĕнче кирлĕ йĕрке тума тивĕçлĕ мерăсем йышăннă. Ĕрех ĕçсе-супса çӳренĕ Карпова та хăйне шанса панă ĕçе йĕркелейменшĕн районти культура пайĕн заведующин заместителĕ ĕçĕнчен хăтарнă.

## *Чар-ха, хăлха çурăлать!*

Муркашпа Сĕнтĕрти радиоузелсем чăтма çук начар ĕçлеççĕ. Хăшпĕр чухне кунта пĕр вăхăтрах темиçе передача панине илтме пулать, анчах вĕсенчен нихăшне те ăнланса юлма çук, репродукторсенче хăлхана ыраттаракан шăв-шав кăна кĕрлесе тăрать. Радиоузелсенче ĕçлекенсем хăйсен ĕçĕ çине çавăн пек тимсĕр пăхни радио итлекенсене питĕ тарăхтарать.

(Ялкорсен çырăвĕсенчен)

Укерчĕкĕ Н. Яковлевăн.

— Ай-ай! Каллех темскер кĕмсĕртетме тытăнчĕ! Часрах чарса хур-ха: хăлха та ыратма пуçларĕ...

— Хăлхи вăл темех мар: эпĕ çĕрĕ-çĕрĕпе çывăраймастăп, кĕçĕр каллех усал тĕлĕксем курма лекет пулĕ...

## Эх, тăвайкки...

Эсир çырма-çатраллă вырăнсенче çеç йĕлтĕрпе ярăнма пулать, тетĕр пуль. Çапли çаплах-ха вăл. Пĕр-пĕр сăрт çинчен аялалла вĕççе анма çав тери лайăх. Анчах та Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Шулю ялĕ тăвайкки хĕрринче мар, тӳрем çĕрте вырнаçнă, унта ача-пăчасене йĕлтĕрпе е çунашкапа ярăнма вырăн та çук. Çавăнпа нумайăшĕ юртан купаласа катаччисем туса тултарнă. Райцентра тухса каймалли урамра вара тăвайкки те пур Ан кулăр ĕнтĕ—чăнахах пур. Иртнĕ çуркунне МТС-ран çĕрулми кăлармалли çĕнĕ комбайна урам варрине килсе лартрĕç те, халĕ ăна пĕтĕмпех юр хупласа хучĕ. Ача-пăчасем кунĕпех комбайн çинчен ярăнаççĕ. Юрри те пур вĕсен: «Эх, тăвайкки, тăвайкки! МТС-ран çывăхри!». Çак юрра МТС работникĕсем кашни кунах илтеççĕ, анчах хăлхана чикме тăрăшмаççĕ.

Н. ЕГОРОВ.

## Савăнтарман хыпарсем

☆ Эпир Шупашкар сывăхĕнчи çĕнĕ поселокра. Кунта трактор пайĕсем тăвакан завод строителĕсем ĕçлеççĕ. Ытти çĕрти пекех рабочисем нумай çырусем, хаçат-журналсем илеиле тăраççĕ.

Иртнĕ çулта рабочисем патне килекен çырусем кантуртах купаланса выртатчĕç. Çулталăк вĕçĕнче вĕсем Х. Григорьева кладовщица патне килме пуçларĕç. Каламасăрах паллă: кладовщица çырусене ăçтан общежитисем тăрăх салатса çӳреме вăхăт тупĕ?

Халĕ кунта 13-мĕш номерлĕ почта уйрăмĕ уçрĕç, анчах письмоносец çырусене палламан çынсенчен пара-пара ярать. Çырусем, çапла вара, адресатсем патне чылай чухне çитеймеççĕ.

☆ Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Андреев ячĕпе тăракан колхоз правленийĕн пӳртĕнче сурса сурчăк ӳкми сивĕ тăрать. Вутти-шанки те, кăмаки те пур, анчах правлени членĕсем асăннă кăмакан хăрах айккине иквиçĕ кирпĕч хурассине те питĕ йывăр ĕç тесе шутлаççĕ, çавăнпа вĕсем халĕ хутман пӳлĕмре тăлăпсемпе чĕркенсе лараççĕ.

☆ Октябрьски районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан колхозăн электростанцийĕпе арманĕнче ĕçлекен Л. Тагеев, П. Мастьянов, А. Далызин, Р. Васильев юлашки вăхăтра кун çути курмасăр эрех ĕçме пуçланă. «Ĕçтермесĕр вĕсемпе ĕç тума ан та шухăшла»,—пăшăрханаççĕ колхозниксем. Правлени пуçлăхĕсем вара пачах курмăш пулаççĕ.

☆ Чкаловски районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхозра счетовод пулса ĕçлекен Ф. Хитров юлашки вăхăтра ĕç вăхăтĕнчех çĕрĕн-кунĕн урăлми ӳсĕр çӳрет. Çынсем каланă тăрăх, халĕ вăл ĕç çинчен кăна мар, хăй мĕн ятлине те маннă, тет.

## Коопторгри йăласем

Пурте пĕчĕкрен пысăк пулаççĕ: çитĕнеççĕ, ӳсеççĕ, яш ĕмĕре ирттерсе, ват çын шутне кĕреççĕ. Шупашкарти коопторг директорĕ Павел Родионович Токарев та тӳрех кăн-кăвак пуçлă, пĕркеленчĕк пит-куçлă çын пулса çуралман.

Сăмах кун пирки мар-ха, Павел Родионовичăн хăшпĕр тĕлĕнмелле йăлисем пирки пырать. Чăнах та, ку йăласем ватăлас енне сулăннă çыншăн аванах мар ĕнтĕ, çапах та Павел Родионович вĕсене халлĕхе калама çук çирĕп тытса пырать.

Акă, калăпăр, эсир, Шупашкарти коопторг магазинĕсемпе лавккисенче пĕрре кăна мар пулса курнă çын, Чăвашпотребсоюзри вăл ларакан пӳлĕме пырса кĕретĕр. Вашават кăмăллă Павел Родионович сире тӳрех ларма вырăн сĕнет, вара ручкине чернил приборĕ çине хурать те хавасланса калаçма пуçлать.

— Çапла,—тет вăл ывăç тупанĕсене кăмăллăн сăтăркаласа.—Халĕ ĕнтĕ пирĕн коопторг ура çине тăрса çитрĕ темелле. Комисси йĕркипе кирлĕ таварсем сутас ĕçе лайăхлатрăмăр, чи çӳлти шаях хăпартса лартрăмăр... План та тулса пырать. Райпотребсоюзсемпе пуринпе те çыхăну тытатпăр. Урăх мĕн кирлĕ-ха пире?

— Сире нимĕнех те кирлĕ мар пулĕ те, пире ак таварсем кирлĕ, — тетĕр эсир, унăн сăмахĕсем шанчăклах маррине туйса. — Тĕрлĕрен кĕрпесем, пăнулми, сĕт, хăйма пулас пулсан, татахчĕ хуть. Çук-çке вĕсем! Сирĕн магазинсемпе лавккасенче кишĕр те, çĕрулми те, кăшман та тупса илме çук. Аш продукчĕсем те курăнсах каймаççĕ...

— Мĕнле курăнсах каймаççĕ? Пулма пултараймасть! — тĕлĕннĕ пек пулса кусран чăрр пăхать сирĕн çине Павел Родионович. — Пурте пур, илĕр кăна! Эсир кăлăхах ӳпкелешетĕр. Асăрхаман кăна эсир вĕсене. Çапла вĕт?

— Çук-çке, Павел Родионович, эпир асăннă таварсене тупса илме çук,—тетĕр эсир ăна кăмăлсăррăн.

— Тен, сирĕн куçăрсем начартарах кураççĕ пулĕ?!

Çак сăмахсене илтсен, эсир шалтах тĕлĕнетĕр. Вара, аптăранă кăвакал кутăн чăмнă тенĕ пекех, эсир Павел Родионович сăмахĕсене мар, хăвăр куçăрсене тĕрĕслесе пăхас шутпа коопторг магазинĕсемпе лавккисем енелле тепĕр хут çул тытатăр.

Коопторг директорĕ шантарса каларĕ пулин те, сăмах вăл сăмах кăна çав. Володарски урамри магазинра та, пасар площадĕнчи магазинпа лавккасенче те хăвăра кирлĕ таварсем тупса илейместĕр. Вĕсенче сĕт-çу, пахча çимĕç, аш продукчĕсем теплерен кăна пулкалаççĕ. Хăйма, çĕрулми, кишĕр, кăшман, сухан, тĕрлĕрен кĕрпесем вара кунта иртнĕ кĕркуннерenпе те пулман. Чăнах та, коопторг магазинĕсемпе лавккасенче сутма юрăхсăр пăрса, шăрпăнnă çу сутăланă, анчах вĕсем пирки халĕ илекенсем кăна мар, продавщицăсем хăйсем те ылханса калаçаççĕ.

— Усламçу теплерен пĕрре пулкалать, анчах ăна та йĕркеллĕ сутма çук. Хут та пулин тупса параймаççĕ. Токаревăн унăн сăмаххи кăна, чĕлхипе вăл чул çурт та тăвĕ,—тесе каласа парĕç сире продавщицăсем.

Тарăхнипе, сирĕн пуçăра тĕрлĕ шухăшсем пырса кĕреççĕ: мĕн тăваççĕ-ши кантурта ĕçлекенсем? Ма тăрăшмаççĕ?

Коопторг кантурĕнче ăшă, унта хывăнсах лармаллă пулать. Çавăнпа ĕнтĕ унта çĕрĕн-кунĕпех темскер çыраççĕ. Магазинсемпе лавккасенче апла мар: сивĕ çатăрах чĕпĕтет, икĕ лавккинче кăмака та çук, ыттисенче ячĕшĕн тенĕ пек кăмакисене туса лартнă та хĕле кĕнĕренпе те йĕркеллĕ хутса курман. Магазинсемпе лавккасен алăкĕсене ăшăтман—сивĕ кăна мар, çиллĕ çанталăксенче юр та кĕрсе тулать. Пасарти магазинра сутă та çук, пĕр кĕтессе электричество кĕртнĕ те, вăл та пулин упа мĕлки пек кăна курăнать. Ăçта ан çит, пур çĕрте те — магазинсенче те, лавккасенче те пушă ещĕксем, михĕсемпе чăптасем купаланса выртаççĕ. Вĕсене илсе кайма та транспорт çук имĕш. Павел Родионович шухăшĕпе вара транспорт тени пĕлĕт çинчен татăлса анакан япала имĕш.

Павел Родионович кадрсем пирки те тăтăшах калаçма юратать: «Тăрăшатăп, вăй хурса, чуна парса тăрăшатăп кадрсене çирĕплетессишĕн,—тет вăл.—Çавăнпа та эпĕ ку енĕпе çанă тавăрсах приказ хыççăн приказ çыратăп...».

Чăнах та, вăл алă пуснă приказсене курсан, тепĕр çыннăн çӳçĕ-пуçĕ те вирелле тăмалла. Ара, мĕн калăн, коопторгра штат тăрăх 32 çын ĕçлемелле пулсан, çулталăк хушшинчех 42 çынна ĕçе илме, вăтăр çиччĕшне ĕçрен кăларма ĕлкĕрнĕ! Шӳт мар, коопторг директорĕн «ку енĕпе», чăнах та, пайтах «ĕçлеме» тивнĕ!

Эппин çакна та калăпăр: кадрсене «çирĕплетессишĕн» тăрăшакан Павел Родионовичăн татах тепĕр тĕлĕнмелле йăла пур. Çынсене ĕçе илнĕ чухне, вăл ĕçе кĕрес текен çыннăн тимлĕхĕпе тасa кăмăлне пĕлесшĕн питех çунмасть, уншăн пулсан анкета пултăр та, сĕтелĕ çине автобиографи пырса выртăр. Приказ çырнă та вара—ĕçĕ те пĕтнĕ: çĕнĕ çын хăйĕн ««çĕнĕ» меслечĕпе ĕçлеме те тытăнать. Ахальтен мар ĕнтĕ коопторга ĕç вăхăтĕнчех ĕçкĕре ярăнса çӳрекен Игошин йышши мастерсем, Шишкина пек магазина хупсах эрехшĕн чупакан продавщицăсем, тĕрлĕрен шанчăксăр çынсем пыра-пыра кĕреççĕ. Ращепкина пек продавщицăсем вара тавар илме пынă çынсене аван мар сăмахсем каласа вăрçма та хăюллăх çитереççĕ. Кайран вара... каллех приказ!

Супăнь хăмпине эсир пурте курнă, ăна лайăх пĕлетĕр: сывлăшра, пĕр самантлăха вĕлтĕртетсе çӳрет те пăчах кусран çухалать. Хуть шырăр вара ăна, хуть ан шырăр—вăл ăçта кайса кĕнине пурпĕрех тупаймастăр. Павел Родионович сăмахĕсем те çавнашкалах: вĕсем çук япаланах пур тăваççĕ, пулманнинех пулнă теççĕ, кайран супăнь хăмпи пекех çухалаççĕ. Çавăн пирких коопторг ĕçĕсем те халăх кăмăлне тивĕçтерейместĕ, халлĕхе малтанхи пекех начаррипех юлаççĕ.

Пире пуринчен ытла Чăвашпотребсоюз правленийĕ Токарев сăмахĕсене таса ылтăн вырăнне хурса йышăнни кӳрентерет.

А. СНЕГИН.
П. АФИНОГЕНОВ.

## Варшавăра алă пуснă договор тăрăх туса хунă Политикăлла Консультаци Комитечĕн ларăвĕн пĕрремĕш кунĕ çинчен пĕлтерни

ПРАГА, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС спецкорĕ). Çапла пĕлтерĕнччĕ: январĕн 27-мĕшĕнче ирхине 10 сехетре Прагăра, Чехословаки Республикин ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин çуртĕнче, Варшавăра алă пусна договор тăрăх туса хунă Политикăлла Консультаци Комитечĕн ларăвĕ уçăлнă.

Председатель пулса ертсе пыраканĕ Албани Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕ Мехмет Шеху юлташ сĕннипе çакăн пек кун йĕрки çирĕплетнĕ:

1. Организациллĕ ыйтусем.
2. Варшавăра тунă договортан тухса тăракан ыйтусене тата пĕрле тумалли ĕçсене сӳтсе явасси.

Пĕрремĕш ыйту тăрăх ларура Политикăлла Консультаци Комитечĕн генеральнăй секретарĕ А. И. Антонов генерал пĕлтернине итленĕ тата тивĕçлĕ решенисем йышăннă.

Кун йĕркин иккĕмĕш ыйтăвĕ тăрăх пĕрремĕш ларура Албани Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕ Мехмет Шеху юлташ, Болгари Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕн заместителĕ Райко Дамянов юлташ, Венгри Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕ Андраш Хегедюш юлташ, Демократиллĕ Германи Республикин премьер-министрĕн пĕрремĕш заместителĕ Вальтер Ульбрихт юлташ, Польша Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕ Юзеф Циранкевич юлташ тата Румыни Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕн председателĕ Киву Стойка юлташ тухса каланă.

Политикăлла Консультаци Комитечĕн çитес ларăвĕ январĕн 28-мĕшĕнче ирхине 10 сехетре пулать.

### *Чехословаки Республикин премьер-министрĕн пĕрремĕш заместителĕ тата наци оборонин министрĕ А. Чепичка тухса калани*

Хаклă юлташсем!

Варшавăра тунă договора хутшăннă çĕршывсен Политикăлла Консультаци Комитечĕн ларăвĕ уçăлнă май сире пĕтĕм Чехословаки халăхĕ тата Чехословаки правительстви ячĕпе чĕререн саламлама ирĕк парсамăр.

Сире эпĕ халăх демократиллĕ Чехословаки Республикин столицинче, хамăрăн авалхи хулара—Прагăра саламлатăп. Пирĕн халăхăн пуян историйĕнчи тата тĕнчери рабочисен юхăмĕнчи паллă нумай событисем çак хула ячĕпе çыхăнса тăраççĕ.

Юлашки вăхăтра, пуринчен малтан Совет Союзĕн мирлĕ пысăк пуçарăвне пула, тĕнчери лару-тăру чылай çăмăлланчĕ. Çапла пулсан та вăрçăшăн тăракан вăйсем хăйсен тĕллевĕсене пăрахмарĕç. Тĕнчери нумай пысăк ыйтусене çав-çавах татса паман-ха, хĕвеланăçĕнчи хăшпĕр çĕршывсенче вара, уйрăмах Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенче, тĕнчери мирлĕ аталанăва чарса лартас шухăшсем каллех ĕнтĕ уçăнах палăраççĕ, унта, халăхсен шухăшне-ĕмĕтне хирĕç ыpса, «сивĕ вăрçа» çĕнĕрен пуçлама хăтланаççĕ.

Ку вăл çапла тума хушать: Варшавăра алă пуснă договор тăрăх туса хунă Политикăлла Консультаци Комитечĕн тĕнчери хальхи вăхăтри лару-тăрăва çĕнĕрен тишкерсе тухмалла, хамăр тунă договортан тухса тăракан ыйтусем тата пĕрле тумалли ĕçсем çинчен сӳтсе явмалла.

Чехословаки республикин халăхĕ тата правительстви ячĕпе эпĕ хамăрăн ларăва ăнăçлă ĕçлеме ырă сунатăп,

### АМЕРИКАНЕЦСЕМ АВСТРИ НЕЙТРАЛИТЕТНЕ ПАСАÇÇĔ

ВЕНА, январĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). «Эстеррейхише фольксштимме» хаçат американецсем Австри нейтралитетне çав-çавах пăсни çинчен калакан чылай фактсене илсе кăтартать. Январĕн 23-мĕшĕнче Линц районĕнче, Эбензра тата ытти вырăнсенче венгерла çырнă листовкăсем тултарнă баллонсене тупнă. Линц хулин полицийĕ çав баллонсене Америкăн пропаганда служби туса хатĕрленине çирĕплетсе панă, анчах та çакна хирĕç эпир нимĕн тума та пултараймастпăр, тенĕ. Январĕн 21-мĕшĕнче Шердинг районĕнче пурăнакансем сывлăшра пысăк шурă шарсем курнă. Шарсем 4—5 пин метр çӳлĕшĕнче вĕçсе иртнĕ.

### ФРАНЦИ ПРАВИТЕЛЬСТВИНЕ ТУСА ЙĔРКЕЛЕМЕ ГИ МОЛЛЕНЕ ХУШНА

ПАРИЖ, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер каçхине Франци президенчĕ Рене Коти социалистсен партийĕн генеральнăй секретарьне Ги Молленe чĕнсе илнĕ, ăна правительство туса йĕркелеме хушнă. Ги Молле çак ĕçе хăй çине илме килĕшнĕ.

### АРАБ ÇĔРШЫВĔСЕН ЛИГИН ЭКОНОМИКА СОВЕЧĔН СЕССИЙĔ

КАИР, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Январĕн 21-мĕшĕпе 25-мĕшĕ хушшинче Каирта араб çĕршывĕсен лигин экономика совечĕн сессийĕ пулса иртнĕ. Сессире араб çĕршывĕсем экономика тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе çыхăнса ĕçлессине çирĕплетесси тата суту-илĕве вăйлатасси çинчен сӳтсе явнă. Сесси ĕçне Египет, Сири, Ливан, Саудовски Арави, Иран, Иордани тата Йемен çĕршывĕсен финанс тата экономика министрĕсем хутшăннă.

Хаçатсем çакăн çинчен пĕлтереççĕ: Экономика совечĕ араб çĕршывĕсен экономикине аталантармалли проектсене пурнăçлама Египет укçи хакĕпе шутласа 20 миллион фунт чухлĕ фонд тума йышăннă.

Совет çавăн пекех тата араб çĕршывĕсем хушшинчи суту-илĕве вăйлатас тĕлĕшпе решенисем йышăннă. Совет членĕсем араб çĕршывĕсен Вилĕ тинĕс тăрăхĕнчи минералсен ресурсĕсемпе усă курас тĕлĕшпе ĕçлекен компанине туса хума кирли çинчен каланă, компанин, Иордани динарĕпе шутласан, 4.500 пин динар чухлĕ укçа пулмалла, тенĕ. Араб çĕршывĕсен нефть ресурсĕсене эксплуатацилес енĕпе араб çĕршывĕсен политикине пĕтĕçтерсе çыхăнтарса пыма Араб çĕршывĕсен лиги çумĕнче нефть ыйтăвĕсемпе ĕçлекен комитет тума йышăннă.

## ССР Союзĕн Гражданла сывлăш флочĕн Главнăй управленийĕпе Швейцарири „Сюисс эр" авиакомпани хушшинче килĕшӳ тунă

Калаçусем ирттернĕ хыççăн 1956 çулхи январĕн 27-мĕшĕнче Мускавра СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Гражданла сывлăш флочĕн Главнăй управленийĕпе Швейцарин сывлăшри çыхăнусем тĕлĕшпе ĕçлекен акционерла «Сюисс эр» обществи хушшинче гражданла авиаци енĕпе пĕр-пĕринпе çыхăнса ĕçлесси çинчен тунă килĕшӳ çине алă пуснă.

Килĕшӳ çине СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Гражданла сывлăш флочĕн Главнăй управленийĕ енчен—çак управлени начальникĕ авиаци маршалĕ С. Ф. Жаворонков, Швейцарин сывлăшри çыхăнусем тĕлĕшпе ĕçлекен акционерла «Сюисс эр» обществи енчен—вице-директор Аэпили господин тата çак общество управленийĕн начальникĕ Йоос господин алă пуснă.

Килĕшӳ çине алă пуснă çĕрте СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Гражданла сывлăш флочĕн Главнăй управленийĕн начальникĕн заместителĕ инженерла-техникăлла служба генерал-лейтенанчĕ Н. А. Захаров тата авиаци генерал-лейтенанчĕ Е. М. Белецкий, Швейцарин ССР Союзĕнчи Вăхăтлăх поверенннăйĕ Р. Хунцикер тата ыттисем пулнă. (ТАСС).

## Хĕллехи вăйăсем

КОРТИНА Д'АМПЕЦЦО, январĕн 27-мĕшĕ. (ТАСС спецкорĕ). Паян кунта арçынсен 30 километр хушшине йĕлтĕрпе чупмалли ăмăртăвĕ пулчĕ. Çак дистанцие 1 сехет те 44 минут та 6 секундра тухса, Финлянди йĕлтĕрçи В. Хакулинен çĕнтерчĕ. Вăл ылтăн медале илме тивĕçлĕ пулчĕ. Иккĕмĕш вырăн йышăннă Швеци йĕлтĕрçи С. Ернберг кĕмĕл медаль илчĕ, унăн вăхăчĕ 1 сехет те 44 минут та 30 секунд. Совет Союзĕн йĕлтĕрçи П. Колчин, виççĕмĕш вырăна тухса, бронза медаль илме тивĕçлĕ пулчĕ. Вăл дистанцие 1 сехет те 45 минут та 45 секундра тухрĕ. А. Шелюхин (СССР), дистанцие 1 сехет те 45 минут та 46 секундра тухса,—тăваттăмĕш вырăн, В. Кузин (СССР), 1 сехет те 46 минут та 9 секундра тухса,—пиллĕкмĕш вырăн, Ф. Терентьев (СССР), 1 сехет те 46 минут та 43 секундра тухса,—улттăмĕш вырăн йышăнчĕç.

Вырăнти вăхăтпа 11 сехетре хĕрарăмсен слалом меслечĕпе (пысăк слалом) ярăнмалли ăмăртăвĕ пуçланчĕ. Старт паракан вырăнта тĕнчери 16 çĕршывран 49 йĕлтĕрçĕ тухрĕ. Хĕрарăмсен слалом меслечĕпе 1.700 метр хушши ярăнмалла пулчĕ.

Нимĕçсен йĕлтĕрçи О. Рейхерт ылтăн медаль илме тивĕçлĕ пулчĕ. Вăл дистанцие 1 минут та 56,5 секундра тухрĕ. Дистанцие 1 минут та 57,8 секундра тухса, Австри йĕлтĕрçи Н. Франдль иккĕмĕш вырăна йышăннă. Вăл кĕмĕл медаль илчĕ. Дистанцие 1 минут та 58,2 секундра тухса, Т. Хохлейтнер (Австри) бронза медаль илме тивĕçлĕ пулнă.

### ТАИЛАНДРА ÇАРСЕМ ВАЛЛИ ÇУЛ ТĂВАÇÇĔ

БАНГКОК, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Сарабурипе Конкэн хушшинче стратегилле шоссе çулĕ тума тытăннă. Çак çул, Америка укçипе шутласан, 22 миллион доллара ларать.

## Китай Халăх Республикин Государствăн Аслă Канашлăвĕн ларăвĕ

### *Председатель Мао Цзэ-дун тухса калани*

ПЕКИН, январĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Китай ялхуçалăхне 1956—1967 çулсенче аталантармалли программа проектне туса хатĕрленĕ. Çак проекта сӳтсе явма январĕн 25-мĕшĕнче Китай Халăх Республикин Председателĕ Мао Цзэ-дун Государствăн Аслă Канашлăвне пухнă. Канашлура Председатель Мао Цзэ-дун сăмах тухса каланă.

Хальхи вăхăтра пирĕн çĕршыв, тенĕ вăл, аслă социализмла революци çĕкленсе пынă условире пурăнать. Китай Халăх Республикине туса хуни Китайри революци буржуалла-демократилле тапхăртан социализмла тапхăра куçнине, урăхла каласан, капитализмран социализма куçса пымалли тапхăра кĕнине пĕлтерчĕ. Китай Халăх Республикине туса хунăранпа иртнĕ ултă çултан виçĕ çулĕнче эпир пуринчен ытларах халăх хуçалăхне юсаса ура çине тăратас, революцин унччен тапхăрĕнче вĕçлесе çитереймен чылай социальнăй улшăнусем, пуринчен малтан çĕр реформи тăвас тĕлĕшпе ĕçлерĕмĕр. Иртнĕ çулхи çуллахи вăхăтран пуçласа социализмла улшăнусем тăвас ĕç, урăхла каласан, социализмла революци, питĕ анлă сарăлчĕ. Тепĕр виçĕ çула яхăн иртсен, социализмла революци, тĕпрен илсен, пĕтĕм çĕршывĕпех вĕçленсе çитет.

Социализмла революцин тĕллевĕ, тенĕ Председатель Мао Цзэ-дун, производительнăй вăйсене малалла аталанма анлă çул уçса парасси пулать. Ялхуçалăхĕпе алăсталăх промышленноçĕнчи единоличникла харпăрлăха социализмла коллективлă харпăрлăхпа улăштарни, промышленноçпа суту-илӳре уйрăм çынсен аллинче тăракан капитализмла харпăрлăха социализмла харпăрлăхпа улăштарни производительнăй вăйсене чылай ӳстерет. Çакă вара промышленноçпа ялхуçалăх производствине хăватлăн аталантарма социальнăй условисем туса парать. Эпир социализмла революци туса пынă чухне усă куракан меслетсем вĕсем, тенĕ малалла Председатель Мао Цзэ-дун, мирлĕ меслетсем. Иртнĕ вăхăтра çак меслетсем пирки партире те, унăн тулашĕнче те нумайăшĕ иккĕленсе калатчĕç. Анчах та иртнĕ çулхи çулла ялта кооперативсем тăвассишĕн пыракан юхăм вăйланни, темиçе уйăх каярах хуларa социализмла улшăнусем тăвас ĕçре çĕкленӳ пуçланни çав иккĕленӳсене, тĕпрен илсен, сирсе ячĕç ĕнтĕ. Пирĕн çĕршыв условийĕсенче мирлĕ меслетсемпе, урăхла каласан, каласа ĕнентермелли, воспитани памалли меслетсемпе усă курса, единоличникла харпăрлăха социализмла коллективлă харпăрлăхпа улăштарма кăна мар, капитализмла харпăрлăха та социализмла харпăрлăхпа улăштарма пулать. Иртнĕ темиçе уйăхра социализмла улшăнусем эпир кĕтнинчен чылай хăвăртрах пулса пычĕç. Иртнĕ вăхăтра хăшпĕрисем социализм чикки урлă каçса кĕме йывăр пулĕ тесе хăратчĕç. Халĕ ĕнтĕ ку чикĕ урлă каçса кĕме йывăр марри курăнчĕ.

Хальхи вăхăтра, тенĕ Председатель Мао Цзэ-дун, пирĕн çĕршыври политикăлла лару-тăрура тĕпренех улшăнусем пулса иртрĕç. Иртнĕ çулхи çуллаччен ялхуçалăхĕнче йывăрлăхсем питĕ нумайччĕ, халĕ ĕнтĕ вĕсене, тĕпрен илсен, пĕтернĕ; иртнĕ вăхăтра пурнăçлама май çук тесе шутланă ĕçсенчен нумайăшне халĕ ĕнтĕ пурнăçлама пулать. Пирĕн пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарма тата ирттерсе те тултарма май пур. Ялхуçалăхне 1956—1967 çулсенче аталантармалли программăн тĕп задачисем социализмла улшăнусен тата социализм строительствинчи çĕкленӳ никĕсĕ çинче ялхуçалăх производствине аталантарас ĕçпе ялти ĕçри малашлăхсене кăтартса памалла; вĕсем çĕршыври мĕнпур хресченсемпе ялхуçалăх работникĕсене вăйлăрах кĕрешме хавхалантармалла. Ялхуçалăхсĕр пуçне ытти мĕнпур отрасльсенчи ĕçе те малалла хăвăрт илсе пымалла, вăл социализмла революци çĕкленĕвĕн çĕнĕ условийĕсемпе килĕшсе тăмалла.

Пирĕн халăхăн, тенĕ юлашкинчен Председатель Мао Цзэ-дун, малашлăх планĕ пулмалла, пирĕн çĕршыв экономика, наука тата культура тĕлĕшĕнчен кая юлнине темиçе вунă çул хушшинче пĕтерес, тĕнчере малта пыракансен шайне хăвăртрах çитес тесе, пĕтĕм вăя хурса тăрăшмалла. Çак аслă тĕллеве пурнăçлас ĕçре кадрсем тĕп вырăн йышăнса тăраççĕ, пире наукăпа техника енĕпе ĕçлекен пысăк квалификациллĕ специалистсем çителĕклĕ кирлĕ; çак вăхăтрах пирĕн пĕрлĕхлĕ халăх демократи фронтне тĕреклетсе, сарса пĕрлешме пултаракан мĕнпур вăйсене пĕтĕçтерсе пымалла. Пирĕн халăхăн çавăн пекех тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи халăхсемпе пĕрлешсе, пĕтĕм тĕнчери мире хӳтĕлес тĕлĕшпе пĕрле кĕрешмелле.

Председатель Мао Цзэ-дун каланă сăмаха итленĕ хыççăн канашлура Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн ялти ĕç пайĕн заведующийĕн заместителĕ Ляо Лу-янь сăмах илнĕ. Вăл Китай ялхуçалăхне 1956—1967 çулсенче аталантармалли программа проекчĕ çинчен ăнлантарса каланă. Унтан канашлура çаксем сăмах тухса каланă: Государство совечĕн премьерĕ Чжоу Энь-лай—интеллигенцин аслă кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлесси çинчен; премьер заместителĕ Чэнь Юнь—уйрăм çынсен аллинчи промышленноçпа суту-илĕве тата ялхуçалăхне социализмла урăхлатса çĕнетесси çинчен; премьер заместителĕ Ли Фу-чунь—пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçлас тата малашнехи ĕçсене планлас ыйтусем тăрăх.

Малалла канашлура наука, педагогика, суту-илӳпе промышленность ĕçĕнчи çынсен, демократилле партисен представителĕсем тухса каланă. Ялхуçалăхне аталантармалли программăна вĕсем пурте хĕрӳллĕн ырланă. Тухса каланă çынсем хăйсен сăмахĕсенче çакна палăртнă: ялхуçалăхне аталантармалли программа кăларса тăратни вăл—çав тери кирлĕ тата вăхăтра тунă ĕç, программăра палăртса панă задачăсем чăн-чăн ĕçсемпе пĕтĕмпех килĕшсе тăраççĕ, вĕсем пурнăçа кĕме пултаракан задачăсем.

Уйрăм ыйтусем тĕлĕшпе тухса каланă çынсем конкретлă сĕнӳсем нумай панă. Çавăн пекех вĕсем ялхуçалăхне аталантармалли çак аслă программăпа пурнăçа кĕртмешкĕн хăйсен пĕтĕм вăйне пама хатĕр тăни çинчен каланă.

Государствăн Аслă Канашлăвне пухиччен Китайри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ялхуçалăхне 1956—1967 çулсенче аталантармалли программа проектне анлăн сӳтсе явас ĕçе организациленĕ. Проекта сӳтсе явас ĕçе Китайри Коммунистсен партийĕн провинцисенчи, хуласенчи тата автономилле районсенчи комитечĕсен ответлă работникĕсем, тивĕçлĕ органсемпе учрежденисен ответлă работникĕсем хутшăннă.

## Шахмат енĕпе РСФСР-та мала тухмалли зонăри ăмăрту

Иккĕмĕш турта чи малтанах Чăваш АССР чемпионĕ Никитинпа Архангельск представителĕ Стрекаловский выляса пĕтерчĕç. Вĕсем пур фигурăсене те тенĕ пек пĕр-пĕринчен хăварт выляса илчĕç. Юлашкинчен иккĕшĕн те пĕрер çăмăл фигурăпа 5-шер пешка кăна тăрса юлчĕ. 27 хут çӳренĕ хыççăн çак парти нихăш те çĕнтереймennипе вĕçленчĕ.

Мастер кандидачĕ Сергиевскипе Арзамас облаçĕн чемпионĕ Козлов выляна парти те çавăн пекех нихăшĕ те çĕнтерейменнипе пĕтрĕ. Калас пулать, вăйă вĕçленес умĕн Сергиевский хăйĕн выляса илме май пуррине асăрхаймарĕ.

Гизатуллин, мастер кандидатĕнчен Волошинран выляса илсе, çак турнирта иккĕмĕш çĕнтерӳ турĕ. Мастер кандидачĕ Радченко Чăваш республикинчи пĕрремĕш разрядри çамрăк шахматистран Игумновран выляса илчĕ. Чугунов мастер кандидатне Хавские выляса ячĕ. Мастер кандидачĕ Новопашин (Мускав облаçĕ) Горький хули чемпионĕпе Алешинпа вылярĕ. Новопашин вăхăт çитменнипе пула выляса ячĕ.

Икĕ тур хыççăн Мари АССР-ĕн çамрăк чемпионĕ Гизатуллин малта пырать.

Паян кăнтăрла 12 сехетре «Динамо» клубĕнче виççĕмĕш тур пуçланать.

### ШĂНСА ВИЛЕСРЕН ÇĂЛСА ХĂВАРНĂ

Чкаловски районĕнчи Кзыл-Чишмари çичĕ çул вĕренмелли шкулти учитель, Отечественнăй вăрçă инваличĕ Петр Тихонов заняти хыççăн киле—Красномайск ялне кайма тухнă. Вăл уй-хире тухсан нумаях та каяйман, сасартăк вăйлă çилтăман пуçланнă. Каç çывхарса килнĕ. Умри çула часах юр витсе лартнă. Тихонов умри çула çухатнă. Вăл нумайччен асапланса çӳрепĕ, тул çутăлас умĕн вăйран кайнипе тата шăнса хытнипе юр çине ӳкнĕ.

Тепĕр кунне, Тихонов киле таврăнманнине пĕлсенех, «Маяк» колхозри çамрăксем—вулав çурчĕн заведующийĕ Б. Алимов комсомолецпа М. Натфуллин йĕлтĕр çине тăрса, Тихонова шырама тухса кайнă. Тул çутăлса килнĕ май «Гвардеец» колхоз хирĕнче пĕр хура вырăна асăрханă та, унта васкавлăн çитсе тăнă. Çакă вăл юр çинче тăнсăр выртакан Тихонов учитель пулнă. Алимовпа Натфуллин ăна йĕлтĕрсем çине майлаштарса хунă та çывăхри фельдшер пунктне илсе пынă.

Çапла Тихонов учителе вилĕмрен çăлса хăварнă.

И. МАЛОВ.

*Суд залĕнчен*

### ВĂРРА ОТВЕТ ТЫТТАРНĂ

Хĕрлĕ Чутай райцентрĕнче пурăнакан Л. Ф. Храмов çăмăл пурнăçпа пурăнма шут тытнă. 1951 çултан пуçласа 1954 çула çитиччен вăл ялти çынсенчен тата çывăхри пасарсенче выльăх-чĕрлĕх сутăн илсе пуснă та ăшне аякри хуласене илсе кайса хаклă хакпа сутса пурăннă. Çавăншăн ăна халăх сучĕ пĕр çул хушши колхозра ирĕксĕр ĕçлеттермелле тунă.

Çакăн хыççăн Л. Храмов юсанасса шанма пулнă. Анчах вăл тӳрĕ пурнăçпа пурăнма шутламан. Иртнĕ кĕркунне пĕр çĕрле урам урлă пурăнакан Ш. хĕрарăм килкартинчен икĕ сурăх вăрласа пуснă. Милици работникĕсем вăрра çийĕнчех тытнă.

Халăх сучĕ СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ 1947 çулхи июнĕн 4-мĕшĕнче кăларнă Указ тăрăх Л. Храмова пилĕк çул хушши хупса усрамалла тунă.

Б. СИДОРОВ.

## РАДИОПА ПАРАКАН ПЕРЕДАЧĂСЕМ

Вырăнти вăхăтпа

**ЯНВАРЕН 31-МЕШЕНЧЕ**

18.50—«Промышленноçа çĕнĕрен хăватлăн çĕклентермелли пилĕкçуллăх» ятлă калаçу. 19.05—Промышленноçра ĕçлекенсем валли хатĕрленĕ передача. «Пăравус юсакансем техникăлла прогресшăн кĕрешеççĕ» ятлă корреспонденци тата Шупашкарти электроаппаратура завочĕн 4-мĕш сборочнăй цехĕн парторганизаци секретарĕ Л. И. Монахова микрофон умĕнче тухса калани. 19.25—Литература передачи. В. Ухли çырнă «Çăвăр хурт» ятлă калав.

**ФЕВРАЛĔН 1-МЕШЕНЧЕ**

18.50—Пионерсемпе шкул ачисен передачи. 19.05—Ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем валли хатĕрленĕ передача. 19.25 — Вăтам Азири республикăсенчи композиторсен произведенийĕсенчен йĕркеленĕ концерт.

**ФЕВРАЛĔН 2-МЕШЕНЧЕ**

8.20—«Ялхуçалăхĕн пур отраслĕсене те вăйлăн аталантармалли программа» ятлă калаçу. 8.40—Концерт. Григорий Хирбю çырнă юрăсем. 18.50—КПСС историне вĕренекенсене пулăшма «Партин вунтăваттăмĕш съезчĕ—индустриализаци съезчĕ» ятлă лекци. 19.20—Радио итлекенсем ыйтнипе йĕркеленĕ концерт.

### ÇАНТАЛĂК

Шупашкарти Гидрометбюро пĕлтернĕ тăрăх, паянпа ыран (январĕн 29—30-мĕшĕсенче) Чăваш АССР территорийĕнче уяр çанталăк, вăхăчĕ-вăхăчĕпе кăна пĕлĕтлĕ пулать. Юр çумасть. Вырăнĕ-вырăнĕпе тĕтреллĕ пулмалла. Тĕрлĕ енчен лăпкă çил вĕрмелле. Сывлăшри температура çĕрле 26—31 градус, кăнтăрла 18—24 градус сивĕ пулмалла.

### ТУРЛЕТНИ

«Коммунизм ялавĕ» хаçатăн январĕн 28-мĕшĕнче тухнă номерĕнче 1-мĕш страницăра çӳлте 4 колонкăпа пичетленнĕ ТАСС информацийĕн заголовокне çапла тӳрлетсе вуламалла: «Совет Союзĕ Порккала-Удд территорине Финляндие пани çинчен калакан Юлашки Протокол çине алă пусни».

Редактор заместителĕ П. Н. НИКОЛАЕВ.

### Театр

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРЕНЧЕ январĕн 29-мĕшĕнче кăнтăрла вырăсла спектакль «Люська», каçхине вырăсла спектакль «Несчастный случай», январĕн 30-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Кай, кай Ивана» кăтартаççĕ.

Спектакльсем 12 тата 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

# Тĕнчери лару-тăру

### [illegible]ТЕНЧЕШЕН ПИТĔ ПЫСĂК ПĔЛТЕРĔШЛĔ ДОКУМЕНТ

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ çинчен урăх çĕршывсенчи хаçатсемпе журналсенче нумай çыраççĕ. Вĕсем çак проекта тĕрлĕ енчен илсе сӳтсе яваççĕ. Совет Союзĕн малтанхи пилĕк çуллăх планĕсем пирки тăрăхласа çырнă хаçатсем те хальхинче çак проекта асăрханса тата тĕрĕс хак параççĕ, çĕнĕ пилĕк çуллăх проектĕнче кăларса тăратнă задачăсем чăннипех пурнăçа кĕрессине шута илме кирлине палăртаççĕ. Америкăри «Ньюсуик» хаçат Директивăсен проектне «промышленноçа питĕ вăйлăн аталантармалли программа», тесе хак парать. «Совет Союзĕ халиччен тунă çитĕнӳсем Хĕвеланăçĕнче лăпланса ларма вырăн хăвармаççĕ», тесе çырать çав журнал. Англире эрнере пĕр хут тухса тăракан «Трибюн» журнал та çавăн пекех çырать, вăл «улттăмĕш пилĕк çуллăх план çинчен пĕлтернисем çине хĕвеланăçĕнчи ответлă комментаторсем питĕ тимлĕ пăхнине» палăртать.

Директивăсен проектне буржуалла политикăлла деятельсем нумайăшĕ Совет Союзĕ экономика тĕлĕшĕнчен капитализмла çĕршывсемпе ăмăртнине шута илсе хаклаççĕ, çавна май вĕсем хăйсем шикленсе тата хăраса ӳкнине те пытарса тăраймаççĕ. Хĕвеланăç Германири «Франкфуртер альгемейне цейтунг» хаçат çĕнĕ пилĕк çуллăх плана пурнăçлани «коммунизмăн хăй патнелле туртакан вăйĕсене татах та пысăклатать», тесе çырать, çавăн пирки хăй хăраса ӳкнине палăртать. Америкăри «Крисчен сайенс монитор» хаçат ăна Совет Союзĕн Азири, Африкăри тата Латинла Америкăри начар аталаннă çĕршывсене экономика тĕлĕшĕнчен пулăшу парас пултарулăхĕ ӳссе пыни хытă шиклентерни çинчен каласа парать.

Капитализмла çĕршывсен пуçпулса тăракан ушкăнĕсен представителĕсене мĕн хăратать тата шиклентерет, çавăн пирки пĕтĕм тĕнчери мире юратакан çынсем хавасланса саванаççĕ. «Паллах,—тесе çырать Венгрири «Сабад неп» хаçат,—сивĕ вăрçă пуçараканĕсене мĕн шиклентерет, çавă мире юратакан çынсене çăвăнаç кӳрет. Икĕ система мирлĕ ăмăртса ĕçлесси çинчен Совет Союзĕ паракан сĕнӳсене миршĕн кĕрешекен çĕршер миллион çынсем хытă саванса ырлаççĕ, Америкăн государство секретарĕ вăрçă чухнехи пек лару-тăру туса хумалли çинчен калашине та тăрăхлăн сивлеççĕ».

### АНГЛИПЕ АМЕРИКА ХУШШИНЧИ КАЛАÇУСЕМ

Январĕн 30-мĕшĕнче Англипе Америка хушшинчи калаçусем пуçланаççĕ. Америка енчен калаçусене президент Эйзенхауэр тата государство секретарĕ Даллес, Англи енчен—премьер-министр Иден тата ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Ллойд хутшăнаççĕ. Пулас калаçусем пирки урăх çĕршывсенчи хаçатсем нума[illegible]ыраççĕ. Калаçăва хутшăнакансем ун[illegible] чылай ыйтусем тăрăх США-па Ан[illegible] пĕр пек политика тытса пырас пирки [illegible]ăмăллăн калаçса татăлас тата питĕ йыш[illegible] задача тăвасса хаçатсем уйрăмах палă[illegible]ççĕ. Халăхсен наци ирĕклĕхĕшĕн пыра[illegible] движенийĕ вăйланнине пула икĕ держа[illegible] тĕнчери позицийĕсем, уйрăмах Сывă[illegible] Хĕвелтухăçĕнчи позицийĕсем, начарла[illegible]. Çавăнпа та икĕ державăн хăйсем мĕн[illegible] политика тытса пырас пирки «калаç[illegible] татăлма» тивет. Урăх çĕршывсенчи хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Вашингтонри калаçусем вăхăтĕнче пуринчен ытларах Çывăх Хĕвелтухăçĕ çинчен сӳтсе яваççĕ, çак ыйту тĕп вырăнта тăрать.

Нумаях пулмасть Рейтер агентствин Вашингтонри корреспонденчĕ калаçусем умĕнхи лару-тăрăва сутатрĕ, çавăн чухне вăл: икĕ çĕршыв представителĕсем Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсем тĕлĕшпе тытса пымалли политика çинчен сӳтсе явма тытăнсан, «Англипе Америка пĕрлĕхĕн пĕтĕмĕшле картини пĕртак тĕксĕмленет», тесе çырчĕ. Кунта ĕç, паллах ĕнтĕ, Америкăпа Англи колонизаторĕсен пĕр пек тĕллевсем çуккинче мар. Вĕсен çавăн пек тĕллевсем пур. Америка колонизаторĕсем те, Англи колонизаторĕсем те тĕнчен çав районĕнчи нефть ресурсĕсене тата стратегилле позицисене хăйсен аллинче сыхласа хăварма тăрăшаççĕ, анчах кашни енĕ хăйсен монополийĕсене нумайрах усă илмелли условисем туса парасшăн. Çак енĕпе американецсем чылай пысăк çитĕнӳсем тунă, вĕсем çав районти хăшпĕр çĕршывсенче Англи колонизаторĕсене чылаях хĕссе кăларнă ĕнтĕ.

Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсенче хăйсен влиянине сарассишĕн Англипе Америка хытă кĕрешеççĕ. Çакă вара Англипе Америка хушшинчи хирĕçӳсем питех те сивĕчленесси патне илсе çитернĕ. Кун çинчен Англи парламентĕнче Иден Вашингтона тухса каяс умĕн уççăнах каланă. «Хальхи вăхăтра,—тенĕ парламент членĕ Кроссмэн лейборист,—Англипе Америка хушшинчи хирĕçӳсене пула икĕ çĕршывăн пĕрешкел политикине хатĕрлеме май çук, çав хирĕçӳсене Англи халăхĕнчен пытарса тăма пулать, анчах вĕсем çинчен Çывăх Хĕвелтухăçĕнче пурте пĕлеççĕ». Англи нефть компанийĕсен интересĕсемпе Америка нефть компанийĕсен интересĕсем пĕр-пĕрне хирĕçле пулнине палăртса, Эмери консерватор çапла каланă: США-н Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи политики «Англи влиянине начарлатнă, çав вăхăтрах ку политика Пĕрлешӳллĕ Штатсене те усă паман». Уигг лейборист, Америка нефть компанийĕсен ĕçĕсем, уйрăмах вĕсен Иранри ĕçĕсем çинчен каласа, Идена «Эйзенхауэр умĕнче хамăр позицисене хытă хӳтĕлемелле», тесе канаш панă.

Çаксенчен акă мĕн курăнать: Вашингтонра чăнах та «кăмăллă» калаçусем пулса иртмелле. Çак калаçусем çине Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсенчи халăхсем питех те асăрханса пăхаççĕ, вĕсем США-па Англи хăйсем хушшинчи хирĕçӳсене Çывăх Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсен шучĕпе йĕркелеме тăрăшассинчен шикленеççĕ, вĕсем çапла шикленни питех те тĕрĕс.

### ИНДОНЕЗИРИ ПОЛИТИКĂЛЛА ЛАРУ-ТĂРУ

Юлашки эрнере Индонезире Харахап правительствине вырăнтан кăларма, анлă демократилле никĕс çинче çĕнĕ правительство туса хума вăйлăрах та вăйлăрах требовани лартаççĕ. Çак требованисене ĕçсыннисен массăлла митингĕсенче, Индонезири политикăлла чи пысăк партисемпе организацисен хаçачĕсенче кăларса тăратаççĕ.

Харахап правительстви иртнĕ çулхи çулла влаçа хăйĕн аллине илнĕ. Çак правительство, чăннипе илсен, пĕр парти—Машуми партийĕ çине кăна таянса тăрать. Парламентпа учредительнăй пухăвăн юлашки суйлавĕсенче çак партишĕн суйлавçăсен 20 процентне кăна сасăланă. Индонезири политикăлла чи пысăк партисен вăйĕсен шайлашăвĕ мĕнлипе учредительнăй пуху суйлавĕн результачĕсем çинчен пичетлесе кăларнă сведенисем кăтартса параççĕ. Ку сведенисене çак кунсенче пичетлесе кăларнă. Суйлавра Индонезири национальнăй парти мала тухнă: вăл 8 миллион та 430 пин сасă пухнă. Мусульмансен Нахтадул улама партийĕ 6 миллион та 362 пин сасă илнĕ, коммунистсен партийĕ—6 миллион та 43 пин сасă, халĕ влаçра тăракан Машуми партийĕ—5 миллион та 848 пин сасă илнĕ. Иртнĕ çулхи сентябрь уйăхĕнче парламент суйлавĕ пулса иртнĕ. Унăн результачĕсем те учредительнăй пуху суйлавĕн результачĕсем майлах пулнă.

Парламент суйлавĕ пулнăранпа тăватă уйăха яхăн иртрĕ пулсан та, Харахап правительстви, тĕрлĕ сăлтавсем тупса, парламент пухас ĕçе юриех вăраха тăсса пырать. Харахап правительстви шалти политика, çавăн пекех тулашри политика енĕпе туса пыракан ĕçсем Индонези халăхне тарăхтараççĕ. Хĕвеланăçĕнчи державăсене юрас шутпа правительство ют çĕршывсен капитализмла монополийĕсене Индонези экономикинче тымар яма анлă çул уçса панă. Вăл Хĕвеланăç Ириан çинчен тăракан ыйту пирки Голландипе калаçăва хутшăннă. Паллă ĕнтĕ, Индонези общественноçĕн ытларахăшĕ çак калаçусене хирĕç тăрать. Хаçатсем пĕлтернинчен çакă курăнать: Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем, Харахап правительствине влаçра сыхласа хăварас тесе, мĕн май килнине пурне те тăваççĕ. Юлашки вăхăтра Индонезие Америкăн тĕрлĕ эксперчĕсен çĕнĕ ушкăнĕсем пырса çитнĕ. Демократилле хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, хĕвеланăçĕнчи державăсем халĕ те Индонезие СЕАТО пакчĕ патне «çывхартма» тăрăшаççĕ. Çакна май нумаях пулмасть Сукарно президент тунă заявление аса илес пулать. «Республикăна пĕтерес шутпа сăтăрлă ĕçсем тăвакан империализмла государствăсем» хăрушлăх кăларса тăратаççĕ, тенĕ вăл. Сукарно колониализма хирĕç кĕрешмешкĕн Индонези халăхĕн мĕнпур вăйĕсене пĕрлештерме чĕннĕ.

А. ШАХАНОВ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00618 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 16. Тираж 37.000 экз.